ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

ВКП(б) Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1952 ҫул
Май
13
ЫТЛАРИКУН
№ 94 (8746)
Хакӗ 20 пус.
35-мӗш ҫул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Большевиксен тӑван ӗҫӗ

Сталин юлташ ҫапла вӗрентет: социализмӑн экономикӑллӑ тӗп законӗн пӗлтерӗшӗ пысӑк пулнӑ уйрӑмлӑхӗ вӑл—ҫӗнӗ техника никӗсӗ ҫинче социализмлӑ производствӑна вӗҫӗмсӗр ӳстерсе тата лайӑхлатса пыни тӑрӑх пӗтӗм обществӑн ялан ӳссе пыракан пурнӑҫпа культура ыйтӑвӗсене ытларах тивӗҫтермелле тӑвасси пулать. Нумай ҫулсем хушшинчи опыт тӑрӑх совет ҫыннисем ҫакна курса ӗненчӗҫ: коммунистсен партийӗпе Совет правительствин халӑх интересӗсемсӗр пуҫне урӑх интересем ҫук. Ӗҫҫыннисене коммунизм строительствин планӗсене пурнӑҫа кӗртме хавхалантарса, партипе правительство пӗтӗм халӑхӑн пурнӑҫне лайӑхлатас политика, куллен кирлӗ таварсен хакне тӑтӑш йӳнетес политика тытса пыраҫҫӗ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче Совет Союзӗнче ваккӑн сутмалли таварсен хакӗсене пурӗ пилӗк хутчен йӳнетнӗ ӗнтӗ.

СССР Министрӗсен Совечӗпе ВКП(б) Центральнӑй Комитечӗ «Апат-ҫимӗҫ таварӗсен ваккӑн сутмалли государственнӑй хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетесси ҫинчен» йышӑннӑ постановление совет халӑхӗ хӑйӗн тӑван партийӗ, хӑйӗн тӑван правительстви ӗҫҫыннисен пурнӑҫ шайне ӳстерессишӗн куллен тӑрӑшнине яр-уҫҫӑн кӑтартни вырӑнне хурса йышӑнчӗ.

Пирӗн ҫӗршывра хаксене йӳнетесси промышленноҫра ялхуҫалӑхӗ хӑвӑтлӑн ӳснӗ никӗс ҫинче пулса пырать. Экономика аталанӑвӗнче тунӑ ҫитӗнӳсем, ӗҫҫыннисен пурнӑҫӗпе культурӑллӑ шайӗ пӗрмай ӳссе пыни совет стройӗ капитализмлӑ стройран малта тӑнине, вӑл пуренчен те малта тӑнине кирек мӗнле сӑмахран та витӗмлӗрех кӑтартса параҫҫӗ. Капитализмлӑ ҫӗршывсенче ӗҫҫыннисем чӗскерле эксплуатаци пусмӑрне тӳссе пурӑнаҫҫӗ, вӗсем ӗҫсӗрлӗх, выҫлӑх, ҫуклӑх пирки тавар хакӗсем ӳссе пынӑ, налогсем тӳсме ҫук йывӑр пирки асап кураҫҫӗ.

Большевиксен партийӗпе Совет правительстви тата Сталин юлташ парти, профсоюз, совет тата хуҫалӑх организацийӗсене пӗрмаях ӗҫҫыннисемшӗн тӑрӑшма хушаҫҫӗ. Ӗҫҫыннисен пурнӑҫӗпе культурине тӑтӑш лайӑхлатассишӗн тӑрӑшасси партипе правительствӑн тӗп задачи пулать. Пирӗн ҫӗршывра промышленность таварӗсем туса кӑларасси ҫултан-ҫул вӑйланса пырать, ялхуҫалӑхӗ ӗҫҫыннисемпе промышленноҫа апат-ҫимӗҫпе чӗртавар ытлӑн-ҫитлӗн парса тӑрать. Ҫакӑ вӑл советлӑ суту-илӗве анлӑн сарма, ӗҫҫыннисен куллен ыйтӑвӗсене пур енчен те пысӑк пахалӑхпа тивӗҫтерме май парать. Хулара та, ялта та культурӑллӑ суту-илӗве лайӑх йӗркелесси пӗтӗмпех суту-илӳ организацийӗсенчен, ҫак пысӑк та кирлӗ ӗҫе партипе советсен вырӑнти органӗсем пӗлсе, тӗрӗс ертсе пынинчен килет.

Анчах республикӑри суту-илӳ организацийӗсен ӗҫӗнче пысӑк ҫитменлӗхсем пур-ха. 1951 ҫулта, ҫавӑн пекех кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта, нумай суту-илӳ организацийӗсем тавар ҫаврӑнӑш планне тултарман. Вӗсем фонд тӑрӑх уйӑрса паракан промышленность таварӗсене тата вырӑнти промышленноҫпа промысла кооперацийӗ туса кӑларакан таварсене ҫителӗклӗ илсе тӑмаҫҫӗ, ялхуҫалӑх продукчӗсем ытларах илсе сутма тӑрӑшмаҫҫӗ. Таварсене базӑсемпе складсенчен вӑхӑтра илсе каймаҫҫӗ, магазинсемпе ларексене хӑвӑрт илсе ҫитермеҫҫӗ. Таварсене час-часах халӑх ыйтнине шута илмесӗр районсене кӳрсе килеҫҫӗ. Ҫавӑн пирки суту-илӳ организацийӗсенче «кайман текен таварсем» нумай капланаҫҫӗ. Чӑвашпотребсоюз системинче нормӑпа палӑртнинчен ытлашши таварсем 50 миллион тенкӗлӗх ытла пур. Апла пулин те потребительсен кооперацийӗ кӑҫалхи тӑватӑ уйӑх хушшинче халӑха планпа палӑртнинчен 9 миллион тенкӗлӗх тавар сахалтарах сутнӑ.

Чурачӑк, Красноармейски, Сӗнтӗрвӑрри районӗсенчи чылай магазинсемпе ларексенче халӑха кирлӗ таварсем, вӗсем базӑсемпе складсенче ытлашшипех выртаҫҫӗ пулин те, пулмаҫҫӗ. Магазинсемпе ларексене вӑхӑтра ӳҫмаҫҫӗ. Хӑшпӗр районсенче уйрӑм магазинсемпе ларексем уйӑхӗ-уйӑхӗпе хупӑ лараҫҫӗ. Хӑшпӗр хуласемпе районсенче колхозлӑ суту-илӗве ҫителӗксӗр йӗркеленӗ.

Ӗҫри ҫитменлӗхсем суту-илӳ организацийӗсен руководителӗсен ҫаврӑнӑҫусӑрлӑхӗсенчен килеҫҫӗ. Государство суту-илӳ организацийӗсенче ӗҫлекен работниксен профсоюзӗн обкомӗ (председателӗ Голева юлташ) тата потребительсен кооперацийӗн работникӗсен профсоюзӗн обкомӗ (председателӗ Григорьева юлташ) социализмлӑ ӑмӑртӑва ертсе пырас ӗҫе лайӑхлатма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмаҫҫӗ, лайӑх ӗҫлекен работниксен меслетне пӗтӗҫтерсе сармаҫҫӗ.

ВКП(б) райкомӗсемпе хула комитечӗсем нумайӑшӗ суту-илӳ организацийӗсен ӗҫӗпе куллен интересленмеҫҫӗ, вӗсем часчасах ялпосен, столовӑйсемпе ресторансен ӗҫне ҫителӗксӗр тӗрӗслеҫҫӗ, ӗҫҫыннисен ыйтӑвӗсене лайӑх тивӗҫтерме, суту-илӳ организацийӗсен руководителӗсен ответлӑхне ӳстерме тимлӗ тӑрӑшмаҫҫӗ, суту-илӳ работникӗсене воспитани парас тӗлӗшпе ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ.

Хуласемпе ялсенче культурӑллӑ суту-илӗве йӗркелес тесен, пуринчен малтан, ҫак пысӑк та кирлӗ ӗҫе партипе Советсен вырӑнти органӗсем хакламаннине пӗтерес пулать. Советлӑ суту-илӳ—большевиксен тӑван ӗҫӗ, тесе вӗрентет Сталин юлташ. Ҫакна партипе совет организацийӗсен манмалла мар. Суту-илӳ организацийӗсемпе столовӑйсен ӗҫне тимлӗ тӗрӗслесе тӑмалла. ВКП(б) райкомӗсемпе хула комитечӗсен тата пуҫламӑш парторганизацисен торгсемпе райпотребсоюзсен, магазинсемпе столовӑйсен ӗҫӗпе пӗрмай интересленмелле, вӗсен ӗҫне тӑтӑш тӗрӗслемелле, суту-илӳ организацийӗсен руководителӗсен отчечӗсене бюро ларӑвӗсемпе коммунистсен пӗрлехи пухӑвӗсенче итлесе сӳтсе явмалла.

Республика уй-хирӗсенче хӗрӳллӗ ӗҫсем пыраҫҫӗ. Потребительсен кооперацийӗн колхозниксемпе механизаторсене, колхозсемпе МТС-сене ҫуракине кӗске вӑхӑтра тата пысӑк пахалӑхпа ирттерме кирлӗ таварсем ҫителӗклӗ кӳрсе килсе сутмалла.

Суту-илӳ организацийӗсем умӗнче уйрӑмах ҫуллахи вӑхӑтра ответлӑ задачӑсем тӑраҫҫӗ. Тутлӑ шывсем, апат-ҫимӗҫ, пахча ҫимӗҫ сутмалли ларексемпе киоскӑсем ытларах уҫни кирлӗ. Апат-ҫимӗҫ сутакан магазинсен хӑвӑрт пӑсӑлакан таварсене—аш-какай, сӗт-ҫу, пулӑ т. ыт. те—сыхласа усрама тивӗҫлӗ условисем туса хатӗрлемелле.

Суту-илӳ организацийӗсен руководителӗсен вырӑнти промышленноҫпа промысла кооперацийӗ туса кӑларакан таварсене туянса сутассине хакламаннине пӗтерес пулать, мӗншӗн тесен ҫав киревсӗр йӑла тавар ҫаврӑнӑшне малалла ӳстерсе пыма, ӗҫҫыннисен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме чӑрмантарать.

Эпир суту-илӳ организацийӗсен ӗҫне тӗпрен ҫӗнетсе лайӑхлатма, тавар ҫаврӑнӑш планне кварталтан квартала, уйӑхран уйӑха анӑҫлӑн тултарса пымалла тума пултаратпӑр, тумалла та. Ҫӗршывра 1952 ҫулхи халӑх хуҫалӑх планне срокчен тата ирттерсе тултарассишӗн социализмлӑ ӑмӑрту анлӑ сарӑлса кайрӗ. Суту-илӳ работникӗсен, парторганизацисем ертсе пынипе, тавар ҫаврӑнӑш планне тултарассишӗн тата ирттерсе тултарассишӗн, ӗҫҫыннисен ыйтӑвӗсене лайӑх тивӗҫтерессишӗн, перекетлӗх режимне ҫирӗплетессишӗн хӑйсен вӑйне шеллемесӗр кӗрешмелле. ВКП(б) хула комитечӗсемпе райкомӗсен, суту-илӳ предприятийӗсемпе учрежденисенчи партипе профсоюз организацийӗсен суту-илӳ работникӗсем хушшинчи социализмлӑ ӑмӑртӑва ертсе пырассине вӑйлатмалла, умра тӑракан задачӑсене чыслӑ пурнӑҫлама суту-илӳ работникӗсене большевикла мобилизацилемелле.

*Чӑваш АССР Министрӗсен Советӗнче*

### 1952 ҫулхи социализмлӑ ӑмӑртура мала тухнӑ ял Совечӗсене премилемелле тӑвасси ҫинчен

Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫапла йышӑннӑ:

Социализмлӑ ӑмӑртура мала тухнӑ тата Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗн куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялавне илнӗ ял Совечӗсем валли укҫан памалли 1.700 тенкӗлӗх пилӗк преми тӑвас.

Куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялав илекен ял Совет председателӗсене 400 тенкӗ, ял Совет секретарӗсене 300 тенкӗ парса премилемелле. Ытти укҫа ял Совет ӗҫне активлӑ хутшӑнакан депутатсемпе актива премилеме, ҫавӑн пекех ял Совечӗн социально-культурӑллӑ ӗҫӗсене пурнӑҫлама ял Совечӗ аллине юлать.

### Ял Совечӗсен 1952 ҫулхи 1-мӗш кварталти социализмлӑ ӑмӑртӑвӑн итогӗсем

Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ 1952 ҫулхи 1-мӗш кварталта ял Совечӗсем хушшинче пынӑ социализмлӑ ӑмӑртӑвӑн итогӗсене пӑхса тухнӑ. Ӑмӑртура Чкаловски районӗнчи Анат Туҫа ял Совечӗ, Етӗрне районӗнчи Стрелецки ял Совечӗ, Улатӑр районӗнчи Иваньково-Удельновски ял Совечӗ, Пӑрачкав районӗнчи Пӑрачкав ял Совечӗ, Сӗнтӗр районӗнчи Кӑпас ял Совечӗ мала тухнине палӑртнӑ.

Ҫавӑн пекех Муркаш районӗнчи Оринин тата Йӳҫкасси ял Совечӗсем, Ҫӗрпӳ районӗнчи Тӗнсӗр тата Рыкӑ ял Совечӗсем, Вӑрмар районӗнчи Кӗтеҫпер, Кивӗ Вӗренер тата Ҫӗнӗ Вӗренер ял Совечӗсем, Канаш районӗнчи Янкӑльч тата Пӑлмичча ял Совечӗсем, Комсомольски районӗнчи Асанкасси ял Совечӗ лайӑх ӗҫленине палӑртнӑ.

## Ҫуракине хӑвӑрт тата лайӑх ирттерессишӗн социализмлӑ ӑмӑртӑва куллен-кун вӑйлатса пырар!

★ ★ ★

ЧӐВАШ АССР-ӗнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ҪУРАКИ МӖНЛЕ ПЫНИНЕ КӐТАРТАКАН

### СВОДКА

Майӑн 10-мӗшӗ тӗлне (процентпа)

| Районсем | Ҫуртри акнӑ | Тулӑ | Пӑрҫа йышши культурӑсем | Пӗр ҫул ӳсекен курӑксем | Тымар-ҫимӗҫсемпе силос тумалли культурӑсем | Нумай ҫул ӳсекен курӑксем | Кӗрхи тырӑ калчисене апат панӑ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Кувакино | 62,0 | 106,3 | 51,3 | 49,8 | 33,9 | 124,0 | 47,1 |
| Красноармейски | 59,7 | 81,0 | 61,2 | 68,0 | 39,7 | 97,9 | 64,5 |
| Чкаловски | 58,5 | 102,0 | 48,0 | 38,8 | 64,1 | 75,2 | 75,3 |
| Комсомольски | 56,9 | 98,5 | 42,5 | 46,9 | 58,1 | 103,4 | 81,3 |
| Пӑрачкав | 56,6 | 107,1 | 76,7 | 56,6 | 17,5 | 78,0 | 37,8 |
| Чурачӑк | 52,9 | 74,6 | 56,8 | 51,2 | 34,0 | 104,0 | 77,6 |
| Первомайски | 52,7 | 44,6 | 65,4 | 32,0 | 38,9 | 101,1 | 83,0 |
| Елчӗк | 50,2 | 88,1 | 53,1 | 39,0 | 44,3 | 94,7 | 71,0 |
| Шӑхасан | 49,6 | 63,0 | 38,9 | 58,4 | 35,0 | 144,7 | 77,2 |
| Канаш | 43,4 | 89,5 | 29,6 | 26,8 | 24,4 | 118,1 | 57,6 |
| Советски | 42,7 | 54,8 | 46,6 | 44,2 | 8,1 | 61,9 | 66,6 |
| Шӑмӑршӑ | 42,6 | 83,2 | 9,7 | 43,5 | 16,4 | 65,6 | 58,2 |
| Муркаш | 41,9 | 62,3 | 41,4 | 57,9 | 7,5 | 81,8 | 81,5 |
| Калинино | 40,2 | 55,3 | 32,5 | 57,0 | 18,6 | 71,0 | 57,6 |
| Етӗрне | 40,1 | 67,6 | 58,1 | 68,3 | 9,7 | 105,5 | 82,1 |
| Йӗпреҫ | 39,8 | 65,6 | 37,7 | 37,6 | 23,8 | 126,8 | 54,5 |
| Улатӑр | 37,9 | 70,9 | 31,7 | 13,6 | 30,0 | 79,1 | 41,8 |
| Вӑрнар | 37,4 | 53,7 | 50,6 | 45,2 | 23,2 | 89,9 | 67,4 |
| Элӗк | 36,2 | 52,1 | 36,3 | 31,0 | 8,0 | 100,0 | 40,0 |
| Ҫӗрпӳ | 33,3 | 43,0 | 31,2 | 62,1 | 11,7 | 60,7 | 93,6 |
| Тӑвай | 33,3 | 46,3 | 24,5 | 40,6 | 18,9 | 100,3 | 91,7 |
| Ҫӗмӗрле | 31,5 | 50,9 | 38,2 | 29,3 | 14,0 | 37,5 | 74,6 |
| Вӑрмар | 31,1 | 61,5 | 11,2 | 40,3 | 13,1 | 77,0 | 68,2 |
| Хӗрлӗ Чутай | 29,9 | 49,5 | 27,6 | 26,3 | 5,1 | 102,7 | 56,5 |
| Сӗнтӗр | 27,2 | 40,5 | 30,1 | 27,8 | 4,6 | 133,8 | 62,0 |
| Ишлей | 26,8 | 33,6 | 27,9 | 45,4 | 3,6 | 91,6 | 102,2 |
| Сӗнтӗрвӑрри | 22,5 | 28,9 | 11,8 | 25,2 | 11,4 | 111,0 | 88,4 |
| Октябрьски | 20,7 | 34,5 | 5,4 | 21,7 | 8,2 | 134,5 | 90,7 |
| Куславкка | 20,4 | 36,5 | 8,0 | 14,0 | 7,2 | 86,2 | 95,2 |
| Шупашкар | 19,4 | 20,7 | 12,0 | 17,0 | 6,1 | 124,6 | 53,1 |

* * *

Республикӑра ҫураки ӗҫӗсен хӑвӑртлӑхӗсем малтанхи пекех ҫителӗксӗр-ха. Пирӗн республикӑри колхозсем ҫуртри акас тата кӗрхи тырӑсен калчисене апат парас ӗҫре пирӗнпе ӑмӑртакан Мордва АССР-ӗнчен ҫаплах юлса пыраҫҫӗ.

Иртнӗ пилӗк кун хушшинче республикӑра ҫуртри акасси пурӗ те 21,7 процент кӑна ӳснӗ. Кӑҫал, ҫуркунне кая юлса килнӗ условисенче ҫавӑн пек хӑвӑртлӑхсем пысӑк хӑрушлӑх кӑларса тӑратаҫҫӗ, мӗншӗн тесен агротехника тӗлӗшӗнчен чи лайӑх сроксем иртсе каяҫҫӗ. Чылай районсем ҫуртри акас тӗлӗшпе кая юлни, ҫураки ӗҫӗнчи хӑвӑртлӑхсем ҫителӗксӗр пулни тата ытларах хӑрататъ. Тӗслӗхрен, Шупашкар районӗ (ВКП(б) райком секретарӗ Никитин юлташ, райисполком председателӗ Семенов юлташ) иртнӗ пилӗк кун хушшинче пурӗ те 11,3 процент кӑна ӳсӗм тунӑ. Уйрӑмах Сӗнтӗрвӑрри, Октябрьски, Куславкка, Вӑрмар, Шӑмӑршӑ районӗсенчи колхозсем питех те вӑраххӑн акаҫҫӗ. Ку районсенче иртнӗ пилӗк кун хушшинче мӗнпур ҫуртрисем акассипе 12—17 процент кӑна ӳсӗм тунӑ. Ҫак районсенчи ВКП(б) райком секретарӗсем Трофимов, Петров, Петрухин, Алексеев, Дубов юлташсем тата райсовет исполкомӗсен председателӗсем Чумакова, Христофоров, Прытченков, Степанов, Георгиев юлташсем колхозсем ҫураки ирттерес ӗҫре юлса пынине пӗтерме кирлӗ мерӑсем йышӑнман, вӗсем вӑйлӑ тырпул туса илме кирли ҫинчен калаҫаҫҫӗ кӑна.

Чылай районсенче ҫурхи тулӑ акас ӗҫ халӗ те ҫаплах ҫителӗксӗр пырать. Пӑрачкав, Кувакино, Чкаловски районӗсенчи колхозсем ҫурхи тулӑ акмалли плана ирттерсе тултарнӑ. Анчах Шупашкар, Куславкка, Октябрьски, Сӗнтӗрвӑрри, Ишлей тата ытти хӑшпӗр районсенче ҫак пахa апат-ҫимӗҫ культурине планпа палӑртнинчен 30 процентран сахалрах акнӑ. Колхоз председателӗсен, МТС директорӗсен тата район руководителӗсен ҫурхи тулӑ акмалли плана ҫак ик-виҫ кун хушшинче тултармалла тӑвас пулать.

Нумай колхозсен, МТС-семпе районсен руководителӗсем тымарҫимӗҫсемпе силос тумалли культурӑсем акас ӗҫе тӳсме ҫук вӑраха яраҫҫӗ. Ҫак культурӑсене акмалли сроксем иртсе пыраҫҫӗ. Анчах та Ишлей, Кувакино, Сӗнтӗр районӗсенчи колхозсем майӑн 10-мӗшӗ тӗлне тымарҫимӗҫсем акма тытӑнман, Пӑрачкав, Сӗнтӗр тата Вӑрмар районӗсенчи колхозсем силос тумалли культурӑсем акма пуҫӑнман. Ҫак районсен руководителӗсенчен ыйтас пулать: вӗсем выльӑх-чӗрлӗх апачӗ тумалли культурӑсене хӑҫан акса пӗтерме шутлаҫҫӗ?

Ҫураки ӗҫӗсем республикӑра ҫакӑн пек пыни парти, совет тата ялхуҫалӑх органӗсене ир акакан культурӑсене ҫывӑх кунсенчех акса пӗтерме, ҫапла вара ҫураки планне мӗнпур культурӑсем енӗпе кашни колхоз тӑрӑх тултарма ҫине тӑрса мерӑсем йышӑнма хушать.

ЧӐВАШ АССР-ӗнчи МАШИНА-ТРАКТОР СТАНЦИСЕМ ӖҪЛЕНИНЕ КӐТАРТАКАН

### СВОДКА

Майӑн 10-мӗшӗ тӗлне (процентпа)

| МТС-сем | Ҫултаlӑкри плана тултарнӑ | Ҫуртри акнӑ | Вӑл шутран хӗреслӗ майпа | МТС-сем | Ҫулталӑкри плана тултарнӑ | Ҫуртри акнӑ | Вӑл шутран хӗреслӗ майпа |
|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Сурмайдан | 20,2 | 92,6 | 71,4 | Куславкка | 8,6 | 23,1 | — |
| Пӑрачкав | 18,5 | 104,0 | 6,7 | Муркаш | 8,5 | 45,1 | 22,5 |
| Кувакино | 14,7 | 100,2 | 20,0 | Шӑхасан | 8,4 | 46,1 | 30,0 |
| Улатӑр | 12,8 | 31,6 | — | Элӗк | 8,3 | 25,4 | 23,7 |
| Чкаловски | 11,8 | 55,8 | 39,4 | Елчӗк | 7,8 | 39,1 | 3,1 |
| Шӑмӑршӑ | 11,5 | 43,6 | 7,3 | Калинино | 7,5 | 27,8 | 13,0 |
| Комсомольски | 10,7 | 59,7 | 7,4 | Йӗпреҫ | 7,4 | 71,2 | 30,0 |
| Первомайски | 10,6 | 52,3 | 37,5 | Канаш | 7,4 | 32,9 | 11,0 |
| Ҫӗмӗрле | 10,3 | 33,3 | 15,0 | Вӑрнар | 7,4 | 32,4 | — |
| Етӗрне | 9,9 | 26,1 | 62,3 | Сӗнтӗр | 7,4 | 30,2 | 37,5 |
| Шупашкар | 9,9 | 12,8 | 35,7 | Чурачӑк | 7,3 | 52,5 | 9,6 |
| Октябрьски | 9,5 | 17,4 | 9,3 | Вӑрмар | 6,7 | 26,0 | 48,8 |
| Ҫӗрпӳ | 9,2 | 25,1 | 24,2 | Ишлей | 5,9 | 28,8 | 37,5 |
| Красноармейски | 9,1 | 45,5 | 36,9 | Советски | 5,8 | 17,8 | 26,0 |
| Хӗрлӗ Чутай | 9,0 | 23,0 | 32,1 | Сивва | 1,0 | 0,8 | — |
| Тӑвай | 8,7 | 22,7 | 17,3 | | | | |

## Виҫӗ республика ӑмӑртӑвӗ

Колхозсемпе МТС-сенче 1952 ҫулхи майӑн 10-мӗшӗ тӗлне ялхуҫалӑх ӗҫӗсем тумалли плана тултарнӑ (процентпа):

| Ӗҫсем тунӑ | Мордва АССР-ӗ | Мари АССР-ӗ | Чӑваш АССР-ӗ |
|---|---|---|---|
| Ҫуртри пӗтӗмпе акнӑ | 51,1 | 9,3 | 40,6 |
| Вӑл шутран тулӑ | 89,9 | 19,2 | 69,8 |
| Нумай ҫул ӳсекен курӑксем | 65,9 | 36,7 | 95,6 |
| Кӗр калчисене апат панӑ | 91,0 | 57,3 | 69,7 |
| МТС-сен тракторӗсемпе пӗтӗмпе ӗҫсем тунӑ | 13,0 | 6,3 | 9,3 |
| Вӑл шутран ҫуртри акнӑ | 44,2 | 10,6 | 38,3 |

★ ★ ★

## Ялхуҫалӑх механизаторӗсен ӑмӑртӑвӗ

Чӑваш АССР Ялхуҫалӑх министерстви пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫурхи уй-хир ӗҫӗсене тӑвас тӗлӗшпе майӑн 10-мӗшӗ тӗлне ҫак механизаторсем уйрӑмах лайӑх тӗслӗхсем кӑтартнӑ:

**Вӑрнар МТС-ӗ тӑрӑх**

Никитин юлташ ертсе пыракан трактор бригади 15 лаша вӑйлӗ тракторпа 58 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ. Тойдеряков юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вӑйлӗ тракторпа 51 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

Ҫав бригадӑсенчи Васильев, Павлов трактористсем кашниех 50—51 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ. Гаврилов, Владимиров юлташсем 35—36 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

**Шӑмӑршӑ МТС-ӗ тӑрӑх**

Тунтаров юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вӑйлӗ тракторпа 87 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

Гаранин юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вӑйлӗ тракторпа 72 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

Ҫав бригадӑсенчи Угасин, Курносов, Яковлев трактористсем кашниех 100—126 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

**Октябрьски МТС-ӗ тӑрӑх**

Семенов тракторист «ДТ-54» тракторпа 228 гектар, Михайловский юлташ «ДТ-54» тракторпа 150 гектар, Тимофеев тракторист СХТЗ тракторпа 89 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

**Куславкка МТС-ӗ тӑрӑх**

Бугреев, Саперов, Чупраков трактористсем «ДТ-54» тракторпа кашниех 175—240 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ. Павлов тракторист СХТЗ тракторпа 75 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ, вӑл талӑкне вӑтам шутпа 10 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

Ҫураки ӗҫӗн пахалӑхне тӗрӗслемелли рейд

## Вӑрахӑн акаҫҫӗ

Ҫураки ҫинчен сӑмах хускатсанах:

— Эпир ҫуртрисем акма 220 гектар ҫӗр ҫемҫетсе хатӗрленӗ, 75 гектар акнӑ,—тесе ответлет «Победа» колхоз председателӗ Д. Абрамов юлташ.

Колхозра 145 гектар ҫӗр типсе выртать. Ҫакӑ вара лӑпкӑ чунлӑ руководителе нимӗн чухлӗ те пӑшӑрхантармасть.

Колхозӑн 11 ретлӗ сеялка пулнӑ. Абрамов ӑна юсаттарма ӳркенсе «юрӑхсӑра кӑларнӑ».

— Договор тӑрӑх пире пӗтӗмпех МТС акса памалла,—хӳтӗлет председателе Д. Павлов счетовод.

Анчах колхоз руководителӗсен канлӗ шанӑҫне МТС та тӳрре кӑлармасть. К. Антонов бригадинчен колхоза виҫӗ трактор пынӑ. 42-мӗш номерлӗ трактор, мастерскойӗнчен юсамасӑрах кӑларнӑскер, касӑна кӗрсенех ҫӗмӗрӗлсе кайнӑ. Тӑватӑ талӑкра икӗ сменӑри чухлӗ те ӗҫлеймен вӑл. 20-мӗш номерлӗ трактор, подшипникесем ирӗлнипе пула, пӗр кун ҫурӑ ахаль ларнӑ. Ку трактор ҫурма ӗҫ тӑвать: кӗрхи ҫӗртме тунӑ пусӑна культивацилет, анчах сеялка ҫук пирки акмасть.

Колхозра агротехникӑна хисеплемеҫҫӗ. Кунта вӑйлӑ тырпул туса илме пулӑшакан пӗр мероприятине те пурнӑҫламан. Вырӑнти удобренисене планӑн чӗрӗкӗ чухлӗ ҫеҫ хатӗрленӗ. Минераллӑ удобрени? Ӑна туянма та шутламан. Кӗрхи калчасем питӗ имшер пулин те, вӗсене апат паман, сӳрелемен.

Вӑрлӑх—вӑйлӑ тырпул никӗсӗ. «Пирӗн вӑрлӑх ҫитет», тесе лӑплантарать хӑйне хӑй правлени председателӗ. Ҫав вӑхӑтрах счетовод: пӑрҫа, ясмӑк, хуратул вӑрлӑхӗсем ҫитменни ҫинчен пӗлтерет. Вирлӗ кантӑр вӑрри пачах ҫук. Ҫӗрулми 45 гектар ҫине лартма ҫитмест.

Вӑрлӑхсене акма кирлӗ пек хатӗрлесси ҫине артельте никам та пӑхмасть. Тулӑ, сӗлӗ вӑрлӑхӗсем тасӑ мар: ӳп-ҫапсемпе ҫумкурӑк вӑррисем нумай. Ҫуртрисене нимӗн чӳхемесӗр-тумасӑр акаҫҫӗ. Ҫӗрулмине яровизацилеме хуман.

Ӗҫ планӗ тӑрӑх, ҫуракине 13 кунта ирттерме палӑртнӑ. Правлени плана срокра пурнӑҫлама артелӗн шалти вӑйӗсемпе майӗсене мобилизацилемен. Колхозра кашни кун 10—20 лаша, 100—120 ҫын ӗҫе хутшӑнмасть. Ҫав вӑхӑтрах колхозниксем хӑйсен пасмисене сухаланине е чавнине чылай хуҫалӑхсенче курма пулать. Колхоз правленийӗпе пуҫламӑш парторганизаци ҫак ҫитменлӗхсене хирӗҫ кӗрешмеҫҫӗ.

Сталин юлташ патне янӑ ҫырура «Победа» колхоз членӗсем кӑҫал кашни гектартан 100-шер пӑт тӗштырӑ туса илме сӑмах панӑ. Колхозри партипе комсомол организацийӗсем ҫак обязательствӑна пурнӑҫлассишӗн кӗрешӳ пуҫарман. Ҫураки ирттерес ӗҫри малтанхи ҫитменлӗхсем ҫинчен коммунистсем те, комсомолецсем те хӑйсен пухӑвӗнче сӳтсе явман. Агитколлектив ӗҫлемест, стена хаҫачӗпе боевой листоксем тухмаҫҫӗ.

Эпир кунта «Победа» колхозӑн тата 5-мӗш трактор бригадин ҫуракинчи ҫитменлӗхсене илсе кӑтартрӑмӑр. Ҫуракинче агротехникӑна ҫавӑн пек киревсӗр пӑсса ӗҫленине районти чылай колхозсемпе трактор бригадисенче курма пулать.

«Коммунизм ялавӗ» хаҫат бригади:
**Г. АНДРЕЕВ, Т. ИВАНОВ**

Куславкка районӗ.

## Ир акакан культурӑсене акса пӗтернӗ

ВӐРНАР. Сталин ячӗпе тӑракан Ленин орденлӗ колхоз вӑйлӑ тырпулшӑн пыракан кӗрешӳре пысӑк ҫӗнтерӳ турӗ, вӑл кӗске вӑхӑтра ир акакан ялхуҫалӑх культурисене акса пӗтерчӗ. Тӗштырӑсене мӗнпур лаптӑк ҫинче хӗреслӗ тата анҫӑр ретлӗ майпа акса хӑварнӑ.

Уй-хир ӗҫӗсене пахалӑх тӗлӗшӗнчен питӗ лайӑх туса ирттернӗ. Ҫуракинче колхозниксемпе механизаторсем стахановла ӗҫлерӗҫ. Сеялкӑсемпе тырӑ акакансем Н. Жарков, А. Ситухин, Н. Суров тата ытти юлташсем те ӗҫ нормине 140—165-шер процент таран тултарса пычӗҫ. Виҫшер орденпа наградӑланӑ Ф. Якимов, И. Доманин механизаторсем 39 гектар вырӑнне кашни сменӑра 45-шер гектар культиваци туса пачӗҫ. Вӗсен тракторӗсем талӑкра 21 сехетрен кая мар ӗҫлерӗҫ.

Сталин юлташ патне янӑ ҫырура колхоз членӗсем кӑҫал кашни гектартан 30-шар центнер тӗштырӑ туса илмӗ сӑмах панӑ. Ял ӗҫченӗсем ҫав обязательствӑна чыслӑн пурнӑҫлассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

## Йӗтӗнпе кантӑр вӑрлӑхӗсене хӑвӑртрах туянмалла

Колхозсем умӗнче ответлӑ задача тӑрать: техникӑллӑ культурӑсем акмалли плана пӗтӗмӗшпех тултармалла, вӗсен тухӑҫлӑхне чылай ӳстермелле. Халӗ ӗнтӗ йӗтӗн тата кантӑр акмалли вӑхӑт ҫитрӗ. Плана тултарма колхозсен ҫителӗклӗ таран вӑрлӑх пулмалла. Анчах та нумай колхозсенче йӗтӗн тата кантӑр вӑрлӑхӗсем ҫитмеҫҫӗ. Акӑ, Вӑрмар районӗнчи «Слава», Жданов ячӗпе, Мичурин ячӗпе тӑракан, «Пионер» тата ытти хӑшпӗр артельсем кантӑр вӑрлӑхӗ ҫителӗклӗ хатӗрлеме тӑрӑшмаҫҫӗ. Октябрьски районӗнчи «Дружба», «Социализм» колхозсен вӑл пачах та ҫук. Районӗпе илсен, кантӑр вӑрлӑхӗ 200 центнер ытла ҫитмест. Кантӑр акма Ишлей, Муркаш, Шупашкар, Шӑмӑршӑ районӗсенче те вӑрлӑх ҫителӗксӗр.

Улатӑр, Кувакино, Пӑрачкав районӗсенчи колхозсен йӗтӗн вӑрри чылай туянмалла.

Асӑннӑ техникӑллӑ культурӑсем акмалли плана пӗтӗмпех тултармалла тӑвас тесе, правительство йӗтӗнпе кантӑр вӑрлӑхне Заготлен склачӗсем урлӑ туянма ирӗк панӑ. Вӑрлӑхсене туянма колхозсене кирлӗ чухлӗ кивҫен укҫа параҫҫӗ. Анчах та нумай колхозсем кантӑр тата йӗтӗн вӑрлӑхӗсене туянма васкамаҫҫӗ. Правительство уйӑрса панинчен йӗтӗн вӑрлӑхне ҫурри ахӑн ҫеҫ илнӗ, кантӑр вӑрлӑхне ҫурри те илсе пӗтермен.

Вӑрлӑхсене туянма чылай чухне госбанкӑн районти уйрӑмӗсем чӑрмантараҫҫӗ. Сӑмахран, Пӑрачкав уйрӑмӗ «Красный восход», Карл Маркс ячӗпе, VI съезд Советов ячӗпе тӑракан колхозсене йӗтӗн вӑрлӑхӗ туянма халӗ те кивҫен укҫа паман. Ҫак ӗҫ ҫине Шӑмӑршӑ, Чкаловски госбанк уйрӑмӗсем те тимсӗррӗн пӑхаҫҫӗ.

Йӗтӗн тата кантӑр акакан колхозсен Заготлен склачӗсенчи вӑрлӑхсене хӑвӑрт илсе пӗтермелле. Ку тӗлӗшпе колхозсене ялхуҫалӑх органӗсен, хатӗрлев организацийӗсен тата госбанкӑн районти уйрӑмӗсен тивӗҫлӗ пулӑшу памалла.

Н. МАЛЬЦЕВ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Массăллă-политикăллă ĕçе—çÿлĕ пусăма

ВКП(б) Шăхасан районĕн черетлĕ пленумĕ районта массăллă-политикăллă тата культурăпа çутĕç ĕçĕ мĕнле пыни çинчен тата ăна лайăхлатмалли майсем çинчен сÿтсе яврĕ.

Пленум çакна палăртрĕ: массăллă-политикăллă тата культурăпа çутĕç ĕçĕ районти нумай колхозсенче ытла та начар пулса пырать. «Слава» колхозра, сăмахран, халăх сучĕсен суйлавĕсем пулнă хыççăн пĕр вулавçă та иртермен, агитаторсем колхозниксене пухса пĕр хут та хаçат вуласа паман. Стена хаçачĕпе боевой листоксене кăларма пăрахнă. Колхозра наглядлă агитаци йĕркеленмен, хаçат витринисем туман. Чапаев ячĕпе тăракан, «Большевик», «Дружба», Маленков ячĕпе тăракан колхозсенчи, «Стахановец», «Сеятель» тата ытти промартельсенчи пуçламăш парторганизацисем çумĕнчи агитколлективсем нимĕн те тумаççĕ.

Районта агитацилле-массăллă ĕç юхăнса кайни ВКП(б) райкомĕн чылай пуçламăш парторганизацисене агитаторсен кадрĕсене суйласа илес, вĕсене воспитани парас ĕç çине сивĕнсе пăхнинчен килет. Парти райкомĕ икĕ уйăхра пĕр хутран кая мар агитаторсен районти пухăвне, уйăхра икĕ хутран кая мар агитаторсене консультацисем ирттермелле. Анчах райком ку ĕçе манса хăварнă. Районта агитаторсен ĕç опытне вĕренессипе йĕркелемен, агитаторсен вĕрентĕвĕпе никам та интересленмест. Хăшпĕр агитаторсем, сăмахран, Чапаев ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци çумĕнчи агитколлективри агитаторсем Евдокимов, Викторов тата ытти юлташсем хаçат-журнал çырăнмаççĕ, вуламаççĕ. Кун пек тĕслĕхсене Максим Горький ячĕпе тăракан, «Память Ильича», Суворов ячĕпе тăракан колхозсенче те курма пулать.

Районти ертсе пыракан чылай работниксем колхозсенче тата предприятисенче сахал пулаççĕ, колхозниксемпе рабочисем валли политикăллă докладсем туса памаççĕ. Вĕсем колхозсенче пулнă чухне хуçалăх ыйтăвĕсемпе кăна интересленеççĕ.

Районти колхозсенче 13 клуб, 10 вулав çурчĕ пур. Библиотекăсемпе вулав çурчĕсенче политика, ялхуçалăх, техника ыйтăвĕсем тăрăх çырнă кĕнекесем тата илемлĕ литература кĕнекисем 50 пин экземпляр ытла. Анчах культурăпа çутĕç учрежденийĕсенчен чылайăшĕ колхозсемпе тачă çыхăнса ĕçлемеççĕ. Художествăллă пултарулăх кружокĕсен ĕçне йĕркелемеççĕ. Иванври вулав çуртĕнче 112 кĕнеке. Кунта кĕнекесен списокĕ те çук. Кĕнеке илсе вулакансен йышĕ 41 çын кăна шутланать.

Нумай библиотекăсенче кĕнекесем çителĕксĕр пулни те, государство панă укçа-тенкĕпе усă курманнине пула. 1951 çулта кĕнекесем илме уйăрнă 11.300 тенкĕрен 27.895 тенкине кăна усă курнă. Шĕнĕр, Вăрман Явăш, Туçи Сармăс, Янтрикелĕ ялĕсенчи библиотекăсенче çулталăк хушшинче пĕр кĕнеке те туянман. Вутă пулман пирки хăшпĕр клубсемпе вулав çурчĕсем хĕлле ĕçлемен. Районта çĕнĕ клубсем тăвас, кивисене юсас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ.

Райсовет исполкомĕн культурăпа çутĕç пайĕ çумĕнчи лектори тата ялсенчи чылай лекторисем начар ĕçлеççĕ. Лекцисемпе докладсен пахалăхне никам та пăхса тухса çирĕплетмест. Çавна пула лекцисемпе докладсем çÿлĕ пусăмра иртмеççĕ, вĕсене вырăнти фактсемпе çыхăнтармаççĕ. Зеленовка, Березовка, Калиновка, Чăнкăр ялĕсенче лекцисемпе докладсем пулманни темиçе уйăх ĕнтĕ. Ку ялсенче парти райкомĕн, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен пайĕн работникĕсем сайра-хутра кăна пулаççĕ.

Иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче ВКП(б) райкомĕн бюровĕ райсовет исполкомĕн культурăпа çутĕç пайĕн ĕçне лайăхлатасси çинчен сÿтсе явнă, унăн ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене палăртнăччĕ. Культурăпа çутĕç пайĕн заведующийĕ Архипов юлташ парти райкомĕн кăтартăвĕсене пурнăçламасть, райком вара çавăнпа килĕшсе пурăнать. Калас пулать, райком йышăннă решенисем час-часах пурнăçа кĕмеççĕ, мĕншĕн тесен хушнă ĕçе кам мĕнле туса пынине тĕрĕслени çук.

Ĕçсыннисене кино кăтартас ĕç тата колхозниксен килĕсене радио кĕртес ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Хăшпĕр ялсене уйăхсерен кино кăтартмаççĕ. Фильмсен кăтартас умĕн киножурналсем пулмаççĕ.

Колхозниксен килне радио кĕртме лайăх майсем пур. Анчах çак майсемпе усă курмаççĕ. «Победа», «Большевик», «Дружба» колхозсен правленийĕсем колхозниксен килĕсене радио кĕртме договор тума килĕшмеççĕ.

ВКП(б) райкомĕн членĕ Матвеев юлташ пленумра ялсенче клубсемпе вулав çурчĕсем начар ĕçлени çинчен каларĕ. Чапаев ячĕпе тăракан колхозра клуба хупнă, унта çĕрулми яровизацилеççĕ. Мичурин ячĕпе тăракан колхозри вулав çурчĕпе колхоз правленийĕ йышăннă. Колхоз правлени пулнă çурта пăрусем вырнаçтарнă. «Знамя» колхозри клуб ишĕлме патне çитнĕ. Клуба юсасси, илемлетесси çинчен никам та шухăшламасть.

Чылай колхозсенче парторганизацисем агитацилле-массăллă ĕçе ялти интеллигенцие çителĕксĕр хутшăнтараççĕ.

ВКП(б) райкомĕн пропагандисчĕ Яковлев юлташ пленумра çапла каларĕ:

— Парти райкомĕн секретарĕ Родионов юлташ агитацилле-массăллă ĕçе лайăхлатассишĕн кирлĕ пек тăрăшмасть. ВКП(б) обкомĕ хушнă тăрăх кустсенче агитаторсем 4 кунлăх семинарĕсене иртермелеччĕ. Анчах Родионов юлташ, агитаторсене пухма йывăр тесе, семинар иртерес ĕçе организацилемерĕ.

Пленумра критикăпа самокритика вăйлă пулчĕ. Райком членĕсем районта массăллă-политикăллă тата культурăпа çутĕç ĕçне лайăхлатма паха сĕнÿсем пачĕç.

**А. ОРЛОВ.**

# Вырăнти Советсен тивĕçĕ

Юлашки вăхăтра вырăнти промышленность предприятийĕсене ертсе пырас ĕçе ĕççынни депутачĕсен районсемпе хула Совет исполкомĕсем чылай лайăхлатрĕç.

1952 çулхи пĕрремĕш квартал планне районсемпе хуласенчи промышленность комбиначĕсем 107 процент, апат-çимĕç комбиначĕсем 109 процент тултарнă.

Промышленность предприятийĕсене ертсе пырас тĕлĕшпе уйрăмах Канаш хула Совечĕ палăрмалла ĕçсем турĕ. 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта хула Совет исполкомĕ нумай предприятисен ĕçне тĕрĕслерĕ, промкомбинатпа апат-çимĕç комбиначĕн директорĕсен, «Красный вонзь» тата ытти артельсен председателĕсен отчечĕсене итлерĕ. Вĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе [illegible] мероприятисем туса ирттерчĕ. Тĕслĕхрен, хула Совет исполкомĕ Канашри вагонсем юсакан заводра пуçарнă çĕнĕ меслете хуларти пур предприятисенче те анлă сарма решени йышăннă.

Хула Совет исполкомĕ депутатсен сĕнĕвĕсене хаклать, вĕсене пурнăçласа пырать. Çапла, тĕслĕхрен, хула Совечĕн X-мĕш сессийĕнче Колокольнев депутат предприятисен ĕçне лайăхлатма чылай паха сĕнÿсем панăччĕ. Çавăн пекех снабжени базисен ĕçне лайăхлатма кирли çинчен каланăччĕ. Çак сессирех Волкова депутат производство планне ассортимент енĕпе тултармалли майсем çителĕклине кăтартса пачĕ. Хула Совет исполкомĕ депутатсен сĕнĕвĕсене пурнăçласа, предприятисен руководителĕсене чылай лайăх кăтартусем пачĕ. Хальхи вăхăтра хуларти предприятисенче социализмлă ăмăрту анлă сарăлса пырать, плана ассортимент тĕлĕшпе те нумай предприятисем тултараççĕ.

Вагонсем юсакан завод поселокĕнче пурăнакан суйлавçăсем атă-пушмак юсакан мастерской ĕçне лайăхлатма наказ панăччĕ. 5-мĕшпе 8-мĕш округри суйлавçăсем хула промкомбиначĕн тата апат-çимĕç комбиначĕн цехĕсене пысăклатма, халăха кирлĕ таварсем ытларах кăларма сĕнÿ панă. Хула Совет исполкомĕ суйлавçăсен çак наказĕсене сÿтсе явса, вĕсене пурнăçа кĕртмелли майсем палăртнă. Халĕ наказсенчен нумайăшне пурнăçланă та ĕнтĕ. Ĕççыннисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе предприятисем хăйсен ĕçĕсене чылай лайăхлатрĕç. Апат-çимĕç комбиначĕн цехĕсем пысăкланса пыраççĕ.

Хулари промкомбинат пĕррремĕш квартал планне 171 процент тултарчĕ. Апат-çимĕç комбиначĕ те плана ирттерсе тултарчĕ.

Анчах вырăнти Советсен районсенчи промышленноçа ертсе пырас ĕçĕ пур çĕрте те çÿлти пусăмра тăрать тесе калама çук-ха. Начар ĕçлекен предприятисемпе артельсем халĕ те пур. Вĕсем халăха кулленхи кирлĕ таварсем ассортимент енĕпе çителĕклĕ таран туса кăлараймаççĕ.

Хăшпĕр вырăнти Советсемпе вĕсен исполкомĕсем хăйсене пăхăнса тăракан промышленность предприятийĕсене çителĕксĕр ертсе пыраççĕ. Тĕслĕхрен, Сĕнтĕр районĕнче вырăнти тата кооперации промышленноçĕ начар ĕçлет. Анчах райсовет исполкомĕ çак ĕçпе сахал интересленет. Промышленность ыйтăвĕсене исполкомра асран-тĕрсен кăна сÿтсе яваççĕ, йышăннă [illegible] сем тĕрĕслессĕ. [illegible] АССР Министрсен Совечĕ Сĕнтĕр [illegible] промышленность [illegible] сем кăтартрĕ. Анчах халĕхи вăхăтра та районти промышленность предприятийĕсем ассортимент енĕпе плана тултармаççĕ. [illegible]

Промышленность ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе районти план комиссийĕн те чылай [illegible] лана ассортимент енĕпе мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тăмалла, райсовет исполкомне ку тĕлĕшпе пулăшмалла.

Районсемпе хуласенчи вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ колхозсем валли уй-хир ĕçĕнче тата хуçалăхра кирлĕ япаласем сахал туса кăлараççĕ. Вăл каллех плана ассортимент енĕпе тултарманнинчен килет. Акă урапасуна тăвассине илер. Ку ĕç юлашки çулсенче çителĕксĕр пулса пырать. Шăмăршă районĕнче пĕр вăхăтра лайăх урапасем туса кăларатчĕç. Вĕсене колхозсем пĕр сăмахсăрах туянатчĕç. Юлашки çулсенче вара урапасен пахалăхĕ чакрĕ. Çакă вăл райсовет исполкомĕ продукци пахалăхне ÿстерес тĕлĕшпе çаврăнăçусăр ĕçленинчен те нумай килнĕ.

Правительство йышăннă тăрăх, хуласемпе поселоксенче, район центрĕсенче тата ялсенче атă-пушмак, кĕпе-тумтир, металран тунă савăт-сапа юсамалли мастерскойсем ĕçлемелле. Шупашкарта çак мастерскойсем чылай. Анчах вĕсем пурте тенĕ пекех хула варринче кăна вырнаçнă. Атăл леш енче, Чапаевски поселокра тата халăх нумай пурăнакан ытти вырăнсенче çавăн пек мастерскойсем çук. Коммунальнăй слободара инвалидсен артелĕ тумтире химически майпа тасатмалли мастерской уçнăччĕ. Халĕ вăл ĕçлемест. Мастерскойра ĕçлеме специалистсем вĕрентсе хатĕрлемен. Хула Совечĕн мастерскойсемпе промысла кооперацийĕсен ĕçĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнмалла.

Пирĕн республикăри районсемпе хуласенче промышленность тата апат-çимĕç комбиначĕсем, артельсем çулсерен нумайланаççĕ. Çакă вăл вырăнти Советсем çине пысăк ответлăх хурать.

Вырăнти Советсен районти промышленноçа ертсе пырас ĕçре министерствăсемпе, управленисемпе тата кооперации союзĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлемелле.

1952 çулхи производство планне тултарассишĕн социализмла ăмăрту анлă сарăлса пырать. Шупашкарти предприятисем çулталăк планне срокчен тултарма тата пысăк пахалăхлă продукци туса кăларма республикăри мĕнпур ĕççыннисене социализмлă ăмăртăва хутшăнма чĕнчĕç.

Вырăнти Советсен хăйсен организациллĕ ĕçне вăйлатса пырса районсемпе хуласенчи промышленноçа ертсе пырас ĕçе çÿлти пусăма çĕклемелле. Ку ĕçе депутатсемпе активистсене тăтăшах хутшăнтарни кирлĕ. Промышленность предприятийĕсен коллективĕсем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлă сармалла.

**П. ИВАНОВ.**

# Пуçарулла строительсем

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн строительствинче 24 хваттерлĕ çурт лартакан участокри коллектива пурте лайăх ĕçлеççĕ. [illegible] пурĕ 43 рабочи. Вĕсенчен 16-шĕ — стахановец. Кунта ĕç нормине тултарман рабочи çук. Сергеевпа Киселев [illegible] ĕç нормине уйăхран уйăха 150 процент ытла тултараççĕ. Май уявĕ ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, вĕсем иртнĕ уйăхри ĕç нормине 180 процент тултарчĕç.

Тупицынпа Алексеев юлташсем ертсе пыракан платниксен звенисем пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тăвассишĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, материалсене перекетлессишĕн тăрăшаççĕ. Тупицын юлташ ертсе пыракан звено иртнĕ уйăхри ĕç нормине 153 процент тултарчĕ. Вăл тунă ĕçе пысăк хак панă. Алексеев юлташ ертсе пыракан звено тата тухăçларах ĕçлерĕ — уйăхри ĕç нормине 176 процент тултарчĕ. Çавăнпа пĕрлех платниксем 2 пин тенкĕлĕх ытла материалсем перекетленĕ. Платниксем тăрăшни штукатурсене тата ытти рабочисене татти-сыпписĕр ĕçлеме май туса парать.

Фадеев юлташ ертсе пыракан штукатурсен бригади иртнĕ уйăхри заданине 111 процент пурнăçланă. Бригада членĕсем механизмсене лайăх пăхса усраççĕ. Раствор çăракан машина иртнĕ çулхи ноябрь уйăхĕнчепе пĕртте пăсăлмасăр ĕçлет. Червякова мотористкăна пурте чи лайăх мотористкăсенчен пĕри тесе шутлаççĕ. Свинцова юлташ тăрăшнипе подъемникпе «Пионер» кран татти-сыпписĕр ĕçлеççĕ.

Явкина юлташ ертсе пыракан бригада çак çурта тума тытăннăранпа 20 пин ытла кирпĕч, 80 кубометр вак чул перекетленĕ.

Алексей Ефимович Любимов юлташ нумаях пулмасть 65 çул тултарчĕ. Вăл—кунти строительствăна чи малтан килнĕ рабочисенчен пĕри. Май уявне вăл 30-мĕш çурта тимĕр витсе пĕтернипе кĕтсе илчĕ.

Малта пыракан коллектива пуçаруллă мастер А. Благушин ертсе пырать. Вăл, Явкин профоргпа пĕрле, кашни рабочие социализмлă ăмăртăва хутшăнма, тухăçлă ĕçлеме лайăх майсем туса пама тăрăшать. Смена ĕçлеме чарăнсан куллен производствăллă канашлусем ирттереççĕ. Унта уйрăм бригадăсемпе звеносем задание мĕнле пурнăçланине, çитес сменăра мĕнле ĕçсем тумаллине тимлĕ сÿтсе яваççĕ, çитменлĕхсене палăртаççĕ, паха решенисем йышăнаççĕ. Участокра пур ĕçсене те эрнери тата талăкри график тăрăх туса пыраççĕ.

Май уявĕ умĕнхи социализмлă ăмăрту итогĕсене пăхса тухнă хыççăн, участок коллективĕ 24 хваттерлĕ çурта срокчен, июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерме, штукатурка ĕçĕнче Сталинла преми лауреачĕн Кутенков юлташăн меслечĕпе усă курма, тĕрлĕ ĕç тăвакан бригадăсем пĕрпĕрин ĕçне тĕрĕслессине йĕркелеме, материалсем перекетленине шута илме лицевой счетсем уçма йышăнчĕ. Коллективра социализмлă ăмăрту çĕнĕ хăватпа вăйлanса пырать.

**А. НИКИТИН.**

## ВЛКСМ райкомĕн ĕçĕ çинчен

ВКП(б) Тăвай райкомĕн черетлĕ пленумĕ районти комсомол организацийĕн ĕçĕсем çинчен сÿтсе яврĕ.

Пленум районти комсомол организацийĕн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ. Уйрăмах комсомолецсен тата союзра тăман çамрăксен политикăллă вĕренĕвне начар йĕркеленĕ. Чылай политшкулсемпе кружоксенче занятисем тăтăшах пулмаççĕ, пулсан та нумай вĕренекенсем занятисене çÿремеççĕ.

ВКП(б) райкомĕн пленумĕ райком бюровĕпе пуçламăш парторганизацисене комсомол организацисене ертсе пырассине лайăхлатма, комсомол ĕçĕпе куллен-кун интересленме хушрĕ. ВКП(б) райкомĕн секретарĕсен, бюро членĕсен тата пайсен заведующийĕсен ВЛКСМ райкомĕн пленумĕсенче, комсомол активĕн пухăвĕсенче, пуçламăш организаци секретарĕсен семинарĕсенче час-часах пулмалла, комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем валли политикăллă докладсем туса памалла.

Пуçламăш парторганизаци секретарĕсене парти пухăвĕсенче комсомол ĕçĕ çинчен тăтăшах сÿтсе явма, парторганизацин усă пухăвĕсене комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксене хутшăнтарма хушнă.

## Райком бюровĕ экзаменсем ирттересси çинчен

ВКП(б) Шăхасан райкомĕн бюровĕ Атнашри 7 çул вĕренмелли шкулта экзаменсем ирттерме мĕнле хатĕрленни çинчен сÿтсе яврĕ.

Экзаменсене ăнăçлă ирттерме хатĕрленес тĕлĕшпе шкулта пысăк ĕçсем тунă. Ку ыйтăва педагогика советĕнче, вĕренекенсен пухăвĕнче сÿтсе явнă. Вĕреннĕ материала тепĕр хут аса илтерме тытăннă, ĕлкĕрсе пырайман ачасемпе занятисем ирттереççĕ.

Çапах та экзаменсем ирттерме шкул коллективĕ çителĕксĕр хатĕрленет. Ку тĕлĕшпе пуçламăш парторганизаци хăйĕн пуçарулăхне сахал палăртать.

Райком бюровĕ сÿтсе явнă ыйту тăрăх тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

## Лекциллĕ пропаганда

Лекциллĕ пропаганда. Республикăри ĕççыннисем хушшинче лекцисем вуласси лайăхлансах пырать. Политикăллă тата наукăллă пĕлÿсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен общество членĕсем иртнĕ тăватă уйăх хушшинче кăна коммунизмăн аслă стройкисем çинчен 106 лекци вуланă. Ĕççыннисем уйрăммăнах «Гоэлро планĕнчен коммунизмăн аслă стройкисем патне», «Коммунизмăн аслă стройкисенчи техника» темăсем тăрăх вуланă лекцисене юратса итлеççĕ. Лекцисем вуланă чухне час-часах тĕрлĕ схемăсем, фотоÿкерчĕксем, карттăсем кăтартаççĕ.

## Ĕçе мĕнле тунине тĕрĕслессине лайăхлатмалла

Парти обкомĕн парти, профсоюз тата комсомол органĕсен пайĕнче йышăннă решенисене пурнăçланине тĕрĕслесси мĕнле пулса пыни çинчен ВКП(б) Ишлей райкомĕн парти, профсоюз тата комсомол организацийĕсен пайĕн докладне сÿтсе явнă.

Ишлей райкомĕн парти, профсоюз тата комсомол организацийĕсен пайĕ райком бюровĕ йышăннă решенисене вырăнти организацисенче мĕнле пурнăçланине кирлĕ пек тĕрĕслесе тăмасть, хăшпĕр решенисем çинчен вĕсене пурнăçлама тивĕçлĕ организацисемпе кадрсене те пĕлтермест. Чылай ыйтусене бюрора сÿтсе явма тĕплĕ хатĕрлемеççĕ. Парторганизацисен ĕçне пур енчен те тĕплĕн тĕрĕслесе тухмаççĕ.

Йышăннă решенисене организациллĕ ĕçсемпе çирĕплетсе пымаççĕ. Хăшпĕр решенисем пурнăçа кĕмесĕр юлни те çавăнтанах килет. Пуçламăш парторганизацисенче те ĕçе мĕнле тунине тĕрĕслессине кирлĕ пек йĕркелемен.

ВКП(б) Ишлей райкомĕн парти, профсоюз тата комсомол организацийĕсен пайне ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме, ĕçе мĕнле тунине тăтăшах тĕрĕслесе пыма хушнă.

## ХРОНИКА

РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ тăрăх, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Шульгин ял Совечĕн центрне Ураково ялне куçарнă май, Шульгин ял Советне Ураково ял Совечĕ тесе ят панă.

Çавăн пекех РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ тăрăх, Шупашкар районĕнче пулнă Пăршу (Карачура) ялне Ишлей районне кĕртнĕ.

## Шкула пулăшаççĕ

СĔНТĔР. «Путь Ильича» тата Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çак кунсенче Нискассинчи вăтам шкул валли вутă хумалли сарай туса пĕтерчĕç. Шкул валли 150 тонна ытла торф хатĕрлесе турттарса пачĕç.

Кăçал шкул çуртне юсама йышăннă.

**Д. ВЕРШКОВ.**

## *Коммунизмăн аслă стройкисем валли*

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри висçĕмĕш сборочнăй цех коммунизмăн аслă стройкисене каякан аппаратсене пысăк пахалăхпа тата вăхăтра туса кăларать. Май уявĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, цех коллективĕ иртнĕ уйăхри плана 120 процент ытла тултарчĕ. Петров мастер ертсе пыракан участок коллективĕ уйăхри заданине 129,1 процент пурнăçларĕ. Ку участокра туса хатĕрлекен аппаратсем Атăлпа Дон хушшинчи канала, Куйбышев гидроэлектростанци тунă çĕре тата ытти аслă стройкăсене каяççĕ.

Бригадăсем хушшинчи ăмăртура уйрăмах Павлов юлташ ертсе пыракан бригада паха тĕслĕхсем кăтартнине палăртас пулать. Вăл пĕрмай пысăк пахалăхлă продукци çеç туса кăларать, ĕç нормине ирттерсе тултарать. Бригада иртнĕ уйăхри заданине 150 процента яхăн пурнăçланă.

**П. СТЕПАНОВ.**

## Инвалидсемшĕн тăрăшни

Партипе правительство инвалидсен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатассишĕн куллен тăрăшаççĕ. Çакна эпир республикăри инвалидсен кооперации артелĕсен ĕç тухăçлăхĕ ÿссе пынинчен те аван куратпăр.

Иртнĕ çулта инвалидсен кооперации артелĕсене 115 çынна ĕçе вырнаçтарнă. Вĕсене пурне те малтан тĕрлĕ ĕçе вĕрентсе хатĕрленĕ, специальность илме пулăшнă. Çавăн пекех артельсенче ĕçлеме сапожниксем, çĕвĕçсем, столярсем, каткапичко тăвакансем тата ытти тĕрлĕ специалистсем пулма 130 çын вĕренсе хатĕрленĕ, 61 çын тĕрлĕ курссенче вĕренсе тухса хăйсен квалификацийĕсене ÿстернĕ.

Кăçал Шупашкарти «Чебторгин» артель производство корпусĕ тăвать, ăна тума 300 пин тенкĕ укçа уйăрса панă.

**Н. ЛЬВОВ.**

## Ильинкăри канмалли çуртра

Майăн 21-мĕшĕнче Ильинкăри канмалли çурт ĕçлеме тытăнать. Кăçалхи сезонта кунта 4.000 çын канмалла. Республикăри профсоюз организацийĕсем кăна Ильинкăри канмалли çурта яма 2.290 путевка илнĕ.

Халĕ канмалли çуртра канма пыракансене кĕтсе илме тимлĕн хатĕрленеççĕ. Канакансем пурăнмалли çуртсене сăрласа илемлетеççĕ. Сĕтел-пукансене юсаççĕ, культура инвентарĕсем, библиотека валли çĕнĕ кĕнекесем туянаççĕ.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

# Социализмлă ăмăртăва куллен ертсе пымалла

Социализмла ăмăртса ĕçлесси совет çыннисен йăлине кĕчĕ. Пирĕн рабочисем, колхозниксем тата интеллигенци пĕтĕм халăхăн, хамăр тăван государствăн интересĕсене нимрен те мала хураççĕ. Вĕсенчен кашниех коллективлă ĕçе хăйĕн чи кирлĕ ĕçĕ тесе шутлаççĕ.

Совет çыннисем халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те вăйлăн аталантарма çĕнĕ майсем тупаççĕ. Социализмлă ăмăрту рабочисен, колхозниксен тата интеллигенцин пуçарулăхĕпе творчествăллă активлăхне куллен вăйлатса пыма пулăшать.

Массăсен социализмлă ăмăртăвне пĕрмай вăйлатма тăрăшасси парторганизацисен ĕçĕнче пысăк вырăн йышăнса тăма тивĕç. Çакна та асра тытмалла: кашни рабочипе колхозникпа уйрăммăн ĕçлесен кăна массăсен ăмăртăвне лайăх организацилесе тĕрĕс ертсе пыма пулать. Колхозниксемпе колхозницăсем, механизаторсем тата ялхуçалăх специалисчĕсем ялхуçалăх производствин планне ирттерсе тултарма конкретлă обязательствăсем илеççĕ. Çавăнпа та социализмлă ăмăртăва ертсе пырас ĕçре кашни çынпа уйрăммăн ĕçлесси тĕп вырăнта пулмалла. Парторганизацисен колхозлă ялти кашни ĕçчене харпăр хăй обязательствине ăнăçлă пурнăçлама пулăшас пулать. Ăмăртура малта пыракансен опытне сарни питĕ кирлĕ ĕç. Вăл кайрисене малтисемпе танлашма, çапла вара ĕç тухăçлăхне тăтăшах ÿстерсе пыма пулăшать.

Хуçалăхра пысăк ÿсĕмсем тăвасси организацилле тата массăллă-политикăллă ĕçсене çÿлĕ пусăма çĕкленинчен килни каламасăрах паллă ĕнтĕ. Çавăнпа та коммунистсене тата комсомолецсене колхоз производствин ответлă участокĕсем тăрăх вырнаçтарса тухни кирлĕ. Парторганизацисен коммунистсен авангардлă рольне ÿстерсе пымалла.

Колхоз хресченĕсен социализмлă ăмăртăвĕн хальхи тĕп тĕллевĕ вăл—кăçал акакан пĕтĕм лаптăкран вăйлă тырпул туса илесси, выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне пур майсемпе те ÿстерсе пырасси. Колхозниксен социализмлă ăмăртăвне ертсе пырассине çÿллĕ пусăма çĕклесен кăна пирĕн парторганизацисем тракторсемпе, комбайнсемпе тата ытти машинăсемпе тухăçлă ĕçлес, колхозсемпе МТС-сен шалти мĕнпур резервисемпе тулли усă курас, малта пыракансен опытне сарса пурне те вĕсем пек ĕçлеме вĕрентес задачăна ăнăçлă пурнăçлама пултараççĕ.

Пирĕн районти колхозсенче хальхи вăхăтра çураки ĕçĕсем кунсерен вăйланса пыраççĕ. Уй-хирти çурхи ĕçсене ăнăçлă ирттерни аслă çулпуçăмăр Сталин юлташ патне янă çырура йышăннă обязательствăсене чыслă пурнăçлама çирĕп никĕс туса парать. Районти колхозсем кăçал кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илме, кашни ĕнерен 1.400 литр сĕт суса илме, кашни сурăхран 3 килограмм çăм касса илме, кашни чăх пуçне 90 çăмарта пухма, государство умĕнчи пур обязательствăсене те срокчен тултарма сăмах пачĕç.

Районти колхозсем, çавăн пекех уй-хир бригадисемпе выльăх-чĕрлĕх фермисем кашниех пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Ку тĕлĕшпе районти чи пысăк колхозсен—«Красное Сормово», «Свобода», Сталин ячĕпе тата Энгельс ячĕпе тăракан колхозсен опытне палăртса хăварни вырăнлă. Кăçал, январь уйăхĕнче, ятарласа тунă комиссисем колхозсен иртнĕ çулхи пĕтĕм ĕçне пĕр-пĕрин патне кайса тĕрĕслесе тухрĕç. Ун хыççăн тăватă колхоз представителĕсем «Красное Сормово» колхоза пухăнчĕç, тĕрĕслÿ итогĕсене пăхса тухрĕç, малалла та ăмăртса ĕçлеме йышăнчĕç. Çак канашлура социализмлă ăмăрту условийĕсене çирĕплетрĕç. Ăмăртса ĕçлеме договор тунă колхозсен председателĕсем «Красное Сормово» колхоз радиоузелĕ тăрăх тухса каларĕç.

Ку колхозсен уй-хирĕнче хальхи вăхăтра хĕрÿллĕ ĕç пырать. Кашни колхозри колхозниксемпе колхозницăсем социализмлă ăмăртура мала тухма ĕмĕтленсе, уйхирте пĕри тепринчен лайăхрах ĕçлеме тăрăшаççĕ. Энгельс ячĕпе тăракан колхозра уй-хир бригадисем пĕр-пĕринпе тунă договор мĕнле пурнăçланса пынине тăтăшах тĕрĕслеççĕ. «Ленин çулĕçе» стена хаçачĕпе бригадăсенчи боевой листоксем малта пыракансен опытне сутатаççĕ, начар ĕçлекенсене критиклеççĕ, ĕçри çитменлĕхсене кăтартса параççĕ. Колхозниксен ăмăртăвĕ мĕнле пынине кăтартма «Кăтарту хăми» тата «Хисеп хăми» тунă. Агитколлектив та лайăх ĕçлет. Агитаторсем колхозниксене партипе правительство решенийĕсем çинчен, Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсене ăнăçлă пурнăçлас тĕлĕшпе колхозниксем умĕнче тăракан задачăсем çинчен ăнлантарса параççĕ.

Фермăсенче ĕçлекен колхозниксен ăмăртăвĕ те вăйланса пырать. Энгельс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал 200 пуç сысна, 50 пуç пăру, 1.300 пуç чăх-чĕп вырнаçмалăх типовăй проектсем тăрăх çĕнĕ витесем тума йышăнчĕç. Çак пысăк строительство валли колхоз 700 кубометр йывăç хатĕрленĕ. Унсăр пуçне 50 кубометр чул вăлараççĕ, 100 пин кирпĕч, 50 пин самая кирпĕч туса хатĕрлеççĕ. Колхоз столярнăй мастерской тата известь тăвакан производство организацилет. Строительство ĕçĕсене тума колхоз 10 платник, 5 столяр, 6 каменщик хатĕрлет.

Энгельс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем строительство ĕçĕсене Октябрьти Социализмлă Аслă революци 35 çул тултарнă тĕле пурнăçлама районти мĕнпур колхозниксене чĕнсе каларĕç.

ВКП(б) райкомĕн бюровĕ çак пуçарăва ырларĕ, пуçламăш парторганизацисене колхозри строительство ĕçĕсене хăвăртлатассишĕн тата унăн хакне йÿнетессишĕн кĕрешме колхозниксен ăмăртăвне организацилеме хушрĕ. Чылай колхозсем, çуракине вăйлатса пынипе пĕрлех, колхозри строительство ĕçĕсене те хăвăртлатса пыраççĕ.

Сталин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци сĕннипе правлени фермăсен заведующийĕсем пулса ĕçлеме пуçаруллă коммунистсене уйăрса лартрĕ. Вĕсем колхозниксемпе колхозницăсем хушшинче тăтăшах политикăллă калаçусем ирттереççĕ, малта пыракансен опытне сараççĕ, Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсене чыслă пурнăçлама хавхалантарса пыраççĕ. Колхоз пĕлтĕр кашни ĕнерен 1.440-шер литр сĕт суса илнĕ, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутса 200 пин тенкĕ тупăш тунă. Кăçал фермăсенчи работниксем пĕлтĕрхинчен икĕ хут ытларах тупăш илессишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

Колхозра строительство ĕçĕ вăйланса пырать. Çĕнĕ витесем тума тата киввисене юсама 1.000 кубометр йывăç тата 500 кубометр ытла хăма хатĕрлесе хунă.

Выльăх-чĕрлĕх работникĕсем выльăх апачĕ хатĕрлес ĕç çине уйрăмах тимлĕ пăхаççĕ. Нумай колхозсенчи выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăсем силос тума кирлĕ культурăсем, тымарçимĕç акмалли плана ирттерсе тултарма тăрăшаççĕ.

Парти райкомĕ ăмăртура малта пыракан колхозсен, бригадăсен, фермăсен тата уйрăм колхозниксен опытне сарса пырать. Çуракине тухас умĕн уй-хир бригадисемпе трактор бригадисен бригадирĕсен районти канашлăвне ирттертĕмĕр. Унта Сталин юлташ патне янă çырура йышăннă обязательствăсене ирттерсе пурнăçлама пулăшакан майсене пăхса тухрăмăр.

Райком çураки вăхăтĕнчи массăллă-политикăллă ĕçсен планне турĕ. Парти обкомĕ çирĕплетнĕ программа тăрăх ялти агитаторсен пилĕк кунлăх семинарĕсене ирттернĕ. Агитаторсем хăйсен большевикла витĕмлĕ сăмахĕсемпе тата кашниех колхоз производствинче ыттисемшĕн примерлă ĕçленипе колхозниксене вăйлă тырпулшăн кĕрешме, çуракине вăхăтра срокра ирттерме мобилизацилеççĕ. Партипе правительство пирĕн республикăна пысăк пулăшу панине хавхаланса, Муркаш районĕнчи колхоз хресченĕсем аслă Сталин патне янă çырура илнĕ обязательствăсене чыслă пурнăçлас тесе пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ.

**М. ЗАЙЦЕВ,**
**ВКП(б) Муркаш райкомĕн секретарĕ.**

*Колхоз пурнӑҫӗн ыйтӑвӗсем*

# Колхозсен вӑрлӑх участокӗсем ҫинчен

Государство парса тӑракан хӑватлӑ техникӑпа усӑ курни, мичуринла агробиологи ҫитӗнӗвӗсене тата малта пыракансен опытне производствӑна кӗртни тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерсе пыма май парать. Пирӗн республикӑри колхозсем 1951 ҫулта ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерес тӗлӗшпе ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем турӗҫ.

Халӗ колхозсен ӗҫӗнчи уйрӑмах ҫакӑ пулать: малта пыракан колхозниксемпе механизаторсем уйрӑм участоксем ҫинчен кӑна мар, акакан пӗтӗм ҫӗр лаптӑкӗнчен пысӑк тухӑҫлӑ тырпул туса илме вӗренсе ҫитрӗҫ. Пӗлтӗр тырпул аван пулни ҫураки валли вӑрлӑх хатӗрлес ӗҫе чылай лайӑх туса ирттерме пулӑшрӗ. Тӗштырӑ вӑрлӑхне кӑҫал иртнӗ ҫулхинчен 20 процент, вӑл шутран ҫурхи тулӑ вӑрлӑхне 19,5 процент ытларах хывса хунӑ. Нумай ҫул ӳсекен курӑксен вӑрлӑхне те 1950 ҫулхинчен ытла хатӗрленӗ.

Паллӑ ӗнтӗ, ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне малалла ӳстерсе пырас ӗҫре колхозсенчи вӑрлӑх хуҫалӑхӗ, вӑрлӑхӑсен акакан участоксенче ӗҫе тӗрӗс йӗркелени пысӑк вырӑн йышӑнать. Совет правительстви ку ыйту ҫине питӗ тимлӗ пӑхать. Ҫӗршыва сортлӑ вӑрлӑх акса тӑвас ӗҫе йӗркелесе ярас тӗлӗшпе В. И. Ленин 1921 ҫултах ятарласа декрет кӑларнӑ. Колхозсем организациленӗ хыҫҫӑн ку енӗпе паха ӗҫсем туса ирттернӗ.

Агротехникӑна лайӑхлатса, нумай колхозсем вӑрлӑх участокӗсенче тӗштырӑсен, техникӑллӑ культурӑсен, тӗрлӗ йышши курӑксен тухӑҫлӑхне ҫуллен ӳстерсе пыраҫҫӗ. Сӑмахран, Куславкка районӗнчи «Динамо» ялхуҫалӑх артелӗ 1951 ҫулта вӑрлӑх участокӗнчен кашни гектар пуҫне 28 центнер ыраш пухса кӗртнӗ. Ҫакӑ вӑл, ытти пусӑсенчипе танлаштарсан, 39 процент ытларах. Вӑрлӑх участокӗнче Элӗк районӗнчи «Правда», Ҫӗрпӳ районӗнчи «Новая жизнь» артельсем те пысӑк тухӑҫлӑ тырпул ҫитӗнтереҫҫӗ. Комсомольски районӗнчи Жданов ячӗпе тӑракан колхозра вӑрлӑх участокӗнчен «Ульяновка» сортлӑ кӗрхи тулӑ кашни гектартан 27 центнер тухнӑ. Ку вӑл, ытти вырӑнсенчи тулӑ тухӑҫлӑхӗпе танлаштарсан, 56 процент ытларах пулать.

Чылай колхозсем вӑрлӑхӑсен акакан ҫуртри тухӑҫлӑхне те ӳстерсе пыма тимлӗ тӑрӑшаҫҫӗ. Улатӑр районӗнчи «Победа Октября» ялхуҫалӑх артелӗ «Торсдат» сортлӑ пӑрҫана вӑтам шутпа гектартан 15,5 центнер туса илнӗ, вӑрлӑх участокӗнче вӑл вара 18,8 центнер пулнӑ. Йӗпреҫ районӗнчи «Большевик» артельте вӑрлӑх участокӗсенче кашни гектартан 6,36-шар центнер ытларах ҫурхи тулӑ пухса кӗртнӗ.

Ҫакӑн пек паха тӗслӗхсем сахал мар. Вӑрлӑх участокӗсенчи тырпул тухӑҫлӑхӗ, ахаль участоксенчипе танлаштарсан, яланах пысӑкрах пулмалла. Ку вӑл мӗншӗн пӗтӗм ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерес, вӗсен пахалӑхне лайӑхлатса пымалли тӗп условисенчен пӗри пулать. Анчах пур колхозсенче те вӑрлӑх хуҫалӑхне кирлӗ пек хаклаҫҫӗ теме ҫук-ха, вӑрлӑх участокӗсенчи ӗҫсене мичуринла агробиологи вӗрентнӗ пек йӗркелемеҫҫӗ.

Вӑйлӑ тырпул туса илесси агротехникӑна лайӑх пурнӑҫланинчен килни пуриншӗн те паллӑ ӗнтӗ. Ҫав ӗҫсене уйрӑмах вӑрлӑх участокӗсенче питӗ тӗплӗн пурнӑҫламалла. Калас пулать, пысӑк тухӑҫ паракан сортлӑ вӑрлӑхсем хатӗрлес тӗлӗшпе чылай ҫӗрте ҫак таранччен кирлӗ пек тӑрӑшмаҫҫӗ. Ялхуҫалӑх пайӗсемпе МТС-сем вӑрлӑх участокӗсен ӗҫне лайӑхлатма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмаҫҫӗ. Уйрӑм колхоз председателӗсем вӑрлӑх участокӗсене час-часах хакламаҫҫӗ, обществӑллӑ хуҫалӑх валли паха вӑрлӑх ҫителӗклӗ хатӗрлессишӗн ҫине тӑрса кӗрешмеҫҫӗ.

Вӑрлӑх хуҫалӑхне йӗркелесси ҫине уйрӑмах Октябрьски, Ҫӗрпӳ, Шупашкар, Шӑмӑршӑ районӗсенчи чылай колхозсем сӳрӗк пӑхаҫҫӗ. Сӑмахран, Октябрьски районӗнче ҫураки ирттерме сортлӑ вӑрлӑхсем кирлӗ чухлӗ хатӗрлесе ҫитерейменӗ. Шупашкар районӗнче кӑҫалхи ҫуракине ирттерме сортлӑ вӑрлӑхсем 20 процент ҫитмеҫҫӗ. Шӑмӑршӑ районӗнчи колхозсенче сортлӑ сӗлӗ вӑрлӑхӗ тӑхӑр колхозра, пӑрҫа—ҫичӗ колхозра, вир—пилӗк колхозра анчах хатӗрленӗ. Ҫавӑн пек ҫитменлӗхсене пӗтерес тӗлӗшпе асӑннӑ районсен кӑҫал уйрӑмах тӑрӑшса ӗҫлес пулать, вӗсен сортлӑ вӑрлӑхсем акса тӑвассине тӗпрен лайӑхлатмалла.

Вӑрлӑх участокӗ колхоз уй-хирӗн пайӗ пулса тӑрать, кунта колхоз хӑйне кирлӗ чухлӗ сортлӑ вӑрлӑх акса тума тивӗҫ. Каламасӑрах паллӑ ӗнтӗ, вӑрлӑх участокӗнче агротехника ӗҫӗсене тӗплӗ пурнӑҫласа пымалла. Тӑпрана тарӑн сухаласа удобренисем ытларах памалла. Хӑй вӑхӑтӗнче калчасене минераллӑ тата вырӑнти удобренисемпе апатлантармалла. Тырпула искусственнӑй майпа шӑрkalантарассине вӑрлӑх участокӗсенче уйрӑмах анлӑ пурнӑҫламалла.

Пирӗн республикӑра тулӑ акса тӑвассине ӳстерме кирлипе асра тытса, 1952—1953 ҫулсенче тулӑ акакан мӗнпур лаптӑкран ҫурхи тулӑн 20 процентне, кӗрхи тулӑн 17 процентне вӑрлӑх участокӗ валли уйӑрса хӑвармалла. Ытти культурӑсем тӑрӑх вӗсене акакан лаптӑкран вӑрлӑх участокӗсене ҫакӑн чухлӗ уйӑрмалла: пӑрҫа йышши культурӑсен—25 процент, сӗлӗпе урпа—13 процент, хуратул—18 процент, вир—7 процент, ыраш—12 процент.

Колхозра ҫурхи тулӑ акакан лаптӑк 120 гектар йышӑнать пулсан, вӑрлӑх участокӗ валли 24 гектар уйӑрса хӑвармалла. Участокри ӗҫсене агротехника хушнӑ пек тусан, тулӑ вӑрлӑхлӑх хӑварма та, страховка фончӗ валли те ытлӑн-ҫитлӗнех пулать. Ку вӑл ытти ялхуҫалӑх культурисем тӗлӗшпе те ҫавӑн пекех ӗнтӗ.

Ялан ҫакна асра тытмалла: вӑрлӑх участокӗнче акса тӑвакан ялхуҫалӑх культурисен пахалӑхӗ пӗрмай лайӑхланса пытӑр, ҫакӑ вӑл тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерсе пымалли чи кирлӗ условисенчен пӗри пулать. Вӑрлӑх участокӗсенче ӗҫлеме ятарласа бригада тӑвас пулать. Вӗсене ӗҫ хатӗрӗсемпе ӗҫ вӑйӗ ҫителӗклӗ сирӗплетсе памалла. Бригадӑра колхоз председателӗн вӑрлӑх хуҫалӑхӗнчи ӗҫсене организацилесси ҫине питӗ тимлӗ пӑхмалла.

Вӑрлӑх участокӗсем валли колхозсенче чи пысӑк тухӑҫ паракан ҫӗр лаптӑкӗсене уйӑрмалла. Сӳртрисем тӑрӑх илсен, участоксене кӗрхи тулӑ, сумкуракӑр пусӑсене вырнаҫтармалла. Вӗсен кӗтессисене юпасем лартса тухмалла.

Ялхуҫалӑх культурине икӗ сортлӑ вӑрлӑхпа акнӑ чухне вӗсене пӗр-пӗринчен уйӑрса хумалла мар тӑвас пулать, тепӗр майлӑ каласан, ҫавӑн пек вӑрлӑх участокӗсене пӗр-пӗринчен юнашар тума юрамасть.

Кашни колхозӑн вӑрлӑх участокӗсене ялан лайӑх уйӑрса хума тӑрӑшмалла, кун пек чухне агротехникӑллӑ ӗҫсене тӗплӗн пурнӑҫлама пулать.

Республикӑра ҫураки ҫитес ӗҫсем кулленкун вӑйлӑланса пыраҫҫӗ. Ялхуҫалӑх специалисчӗсемпе колхоз руководителӗсен вӑрлӑх участокӗсем тӗлӗшпе халичен тунӑ йӑнӑшсене кӑҫал пӗтӗмпех пӗтерсе пымалла. Вӑрлӑх участокӗсене калча шӑтсан тин мар, тырпул акиччен уйӑрса хумалла. Вӑрлӑхлӑх уйӑрнӑ участоксене пысӑк тухӑҫ паракан вӑрлӑхсемпе кӑна, агротехника пур правилисене те пӑхӑнса акса хӑвармалла.

Вӑрлӑх участокӗнчи кӗрхи ҫӗртмене сӳрелесе хыҫҫӑн культиваци тумалла, пирусе хытӑ ҫӗрте е вырӑнти удобренисене тӑпрана хутӑштармалла пулсан, тепӗр хут сухаламалла.

Пӗтӗмӗшпе илсен, вырӑнти, ҫавӑн пекех минераллӑ удобренисене вӑрлӑх участокӗсем ҫине кӗрхи ҫӗртме тунӑ чухне кӑларса ӑсатмалла. Тисӗкне ҫуркунне те—культиваци тунӑ чухне те кӑларма юрать. Анчах кашни гектар ҫине 35—40 тонна таран тӑкмалла.

Кӗле пусӑсене культиваци тунӑ вӑхӑтра е сӳреленӗ чухне сапса тухмалла. Вӑл кашни культурӑшӑнах аван, уйрӑмах тӗштырӑпа пӑрҫа йышши культурӑсемшӗн лайӑх. Кайӑк-кӗшӗк тислӗкӗпе, тислӗк шӗвекӗпе ытларах калчасене апат пама усӑ курмалла. Анчах вӗсене шывра ирӗлтерсе памалла, унсӑр калчасем ӗнсе кайма пултараҫҫӗ.

Калчасене минераллӑ удобренисемпе те апат памалла. Сӑмах майӗн ҫурхи тулӑ ҫинчен. Минераллӑ удобренисем сапса апат парсан, унӑн пахалӑхӗ лайӑхланать. Ҫурхи тулӑ калчишӗн, чи малтан, аммиачнӑй селитра, аммони сулфачӗ, суперфосфат, кали тӑварӗ уйрӑмах усӑллӑ.

Вӑрлӑх участокӗнчи ӗҫӗн ӑнӑҫлӑхӗ акана вӑхӑтра ирттернинчен, ӑна ҫӗнӗлле меслетсемпе тунинчен нумай килет. Агрономи науки те, практика та ҫакна лайӑх кӑтартса панӑ: тӗштырӑсем ансӑр ретпе тата хӗреслӗ майпа аксан пысӑкрах тухӑҫлӑ пулаҫҫӗ. Вӑрлӑх участокӗсенче ҫав меслетсемпе кӑҫал кашни колхозӑн анлӑрах усӑ курма тӑрӑшмалла.

Вӑрлӑх участокӗсене акса хӑварнипех ӗҫ пӗтмест-ха. Калчасене лайӑх пӑхса ӳстерме хатӗрленмелле, вӗсем ҫинче сумкурӑк пулмалла мар. Паха сортлӑ вӑрлӑх туса илес тӗлӗшпе ҫыхӑнса тӑракан ӗҫсене ҫуркунне те, ҫулла та тимлӗн пурнӑҫласа пымалла. Вӑрлӑх участокӗнчи тырпула уйрӑммӑн пухса, уйрӑм кӗлете хумалла.

Сортлӑ вӑрлӑхсем туса илес ӗҫе тивӗҫлипе йӗркелесси колхоз производствинче пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Чӑваш АССР-ӗн ялхуҫалӑхӗ умне партипе правительство кӑларса тӑратнӑ тӗп задачӑна ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласси те ҫавӑнтан сахал мар килет. Ялхуҫалӑх специалисчӗсемпе колхоз руководителӗсен вӑрлӑх хуҫалӑхӗнче ҫирӗп йӗрке туса хумалла, вӑрлӑх участокӗсенчи ӗҫе тӗпрен лайӑхлатмалла.

Агроном А. ФЕДОРОВ.

## РСФСР-та мала тухассишӗн

РСФСР-ти хуласем хушшинче телеграф тӑрӑх ирттерекен шахмат ӑмӑртӑвӗ малалла пырать. Виҫӗмкун Шупашкар шахматисчӗсем Иваново хулинчи шахматистсенчен телеграмма илнӗ. Унта вӗсем ҫак икӗ хула хушшинчи шахмат ӑмӑртӑвӗ никам ҫӗнтерейменнипе вӗҫленни ҫинчен пӗлтернӗ. Халӗ Шупашкар шахматисчӗсен Владивосток хулипе выляса пӗтермен партийӗ ҫеҫ юлнӑ. Ҫак парти Шупашкар хули ҫӗнтернипе вӗҫленме пултарасса шантарать. Мӗншӗн тесен Шупашкарсен конь тата виҫӗ пешка, Владивосток хулинчи шахматистсен конь тата икӗ пешка кӑна. Вӑйӑ майӑн 15-мӗшӗччен вӗҫлеймесен кам ҫӗнтерессине турнир арбитрӗ Смыслов гроссмейстер (Мускав) татса парать.

РСФСР-ти хуласем хушшинчи телеграф тӑрӑх ирттерекен ӑмӑртура Шупашкар хулинчи шахматистсем халлӗхе 3 очко илнӗ, вӗсем иккӗмӗш вырӑн йышӑнаҫҫӗ.

*Хамӑр республика тӑрӑх*



Шупашкарти бибколлектор ялсенчи библиотекӑсем валли кӗнекесем нумай ярса парать.

ӲКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: бибколлектор заведующийӗ В. Соснин юлташпа Р. Макарова ӗҫре.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчӗкӗ.

## Библиотекӑсем валли

Шупашкарти Чернышевский урамӗнчи 4-мӗш номерлӗ ҫурта кӗрсен кӗнеке магазинне кӗнӗ пекех туйӑнать. Сӗлӗксем ҫинче пиншер кӗнеке курӑнать. Шкул ҫулне ҫитмен ачасем валли кӑларнӑ кӗнекесенчен пуҫласа пысӑк энциклопеди томӗсем таранах, пур тӗрлӗ ыйтусем тӑрӑх та кирлӗ кӗнекесене тупса илме пулать. Сӗлӗксем патӗнче ҫамрӑксем кӗнекесем суйлаҫҫӗ. Кирлӗ кӗнекесене илсе посылкӑсем туса ҫыхаҫҫӗ.

— Элӗкпе Муркаш районӗсем валли паян улттшар посылка хатӗрленӗ,—пӗлтерет пӗри.

— Ӗҫ кунӗ вӗҫлениччен тата ҫичӗ район валли посылкӑсем хатӗрлесе ҫитермелле.

Тепӗр ирхине кунтан тӗрлӗ районсене ӑсатма почтӑна вуншар посылка тиесе каяҫҫӗ.

Кунта Чӑвашкниготоргӑн бибколлекторӗ.

Бибколлектор хамӑр республикӑри библиотекӑсемпе вулав ҫурчӗсене кӑна мар, Тутар республикинчи, Ульяновск, Куйбышев тата ытти ҫӗрти чӑваш ялӗсенчи библиотекӑсемпе вулав ҫурчӗсем валли те посылкӑпа кӗнекесем ярса парать.

Пӗлтӗр шкулсен, профсоюзсемпе колхозсен, культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсен управленине пӑхӑнса тӑракан тата ачасен ҫурчӗсемпе ачасен сачӗсенчи библиотекӑсем валли 5.786 посылка (780 пин тенкӗлӗх, 270 пин кӗнеке) ярса панӑ.

Кӑҫал июлӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа пирӗн республикӑра ҫӗнӗрен тата 85 библиотека уҫалать. Халӗ бибколлекторта ҫӗнӗрен уҫалакан библиотекӑсем валли кӗнекесем суйласа илсе ярса парас тӗлӗшпе ӗҫлеҫҫӗ. Кашни библиотекӑна малтанлӑха 2—3 пин тенкӗлӗх кӗнеке ярса памалла.

— Библиотекӑсем валли кӗнеке туянасси ҫултан-ҫул ӳссе пырать,—тет бибколлектор заведующийӗ Соснин юлташ.— Кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта пирӗн планпа 155 пин тенкӗлӗх кӗнеке ярса памалла пулнӑ, эпир 215 пин тенкӗлӗх ярса патӑмӑр. Пӗр апрель уйӑхӗнче кӑна бибколлектор районсене 300 ытла посылкӑпа пиншер кӗнеке ярса пачӗ.

Шкулсенчи, ялсенчи библиотекӑсем кӗнекесем нумай ыйтни ӗҫҫыннисен культури ӳснине, вӗсен культурӑллӑ ыйтӑвӗсем нихҫанхинчен пысӑккине аван кӑтартса парать.

Н. МИНИН.

## Малашнехи ӳсӗмшӗн

УЛАТӐР. Чугун ҫул деповӗнче ӗҫлекен машинистсемпе пӑравус юсакансем иртнӗ уйӑхра ӗҫ тухӑҫлӑхне чылай ӳстерчӗҫ. Вӗсем аслӑ уяв умӗнхи ӑмӑртура тӑрӑшса ӗҫлесе уйӑхри плана ирттерсе тултарчӗҫ, заданирен ирттерсе пилӗк пӑравус юсаса кӑларчӗҫ.

Депора уйрӑммӑнах Поросенков юлташ ертсе пыракан слесарьсен бригади лайӑх ӗҫлерӗ. «Пӑравуссене хӑвӑрт та лайӑх юсар!» ҫак шухӑш-кӑмӑлпа ӗҫлеҫҫӗ вӗсем. Кузин, Герасимов, Галочкин, Калмыков тата ытти чылай слесарьсем кулленхи заданине ялан ирттерсе тултараҫҫӗ, пӗр браксӑр ӗҫлеҫҫӗ.

Пӑравуссене хӑвӑрт юсас ӗҫре пулӑшакан цехсем пӗр тикӗс ӗҫлени пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Вӗсем кирлӗ хатӗрсене вӑхӑтра тӑратни ӗҫе пӗр чӑрмавсӑр туса пыма май парать.

Ҫак кунсенче уйрӑмах Улатӑр—Канаш, Улатӑр—Красный Узел участоксенче пӑравуссем илсе ҫӳрекен машинистсем хастарлӑ ӗҫлеҫҫӗ. Н. Голованов, И. Кочетков, Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн депутачӗ П. Казяев, В. Ноздрин тата Л. Наумов юлташсем ертсе пыракан бригадӑсем ӗҫре пысӑк тӗслӗх кӑтартаҫҫӗ. Вӗсем йывӑр составсене илсе ҫӳресе планран ирттерсе груз турттараҫҫӗ, ҫунтармалли япаласене чылай перекетлеҫҫӗ.

Депо коллективӗ тунӑ ҫитӗнӳсемпе лӑпланмасӑр ӗҫре тата пысӑкрах ӳсӗмсем тӑвассишӗн кӗрешет.

А. НИКОНОВ.

*Критикӑпа библиографи*

## Пӑтраштаракан программа

VIII—X-мӗш классенче тӑван литература вӗрентекен учительсене пулӑшма Чӑваш АССР Ҫутӗҫ министерстви кашни ҫулах программа пичетлесе кӑларать. Ҫав программӑна кӑҫал та пичетлесе кӑларнӑ.*)

Малтанхи пайне (программа ҫинчен ӑнлантарса пани, методикӑллӑ кӑтартусем т. ыт. те), чӑвашла тӗслӗхсем илсе, вырӑсла программа тӑрӑх ҫырнӑ.

Тӳррипех калас пулать, ку программӑна питӗ пӑтраштарса пичетлесе кӑларнӑ. Акӑ тӗслӗхсем:

«Килте вуламалли произведенисен списокӗ. IX-мӗш класс» тенӗ пайра «Шелепи сӑввисем» кӗнекене асӑннӑ. Анчах вӑл, программӑра кӑтартнӑ пек 1932 ҫулта мар, 1926 ҫулта тухнӑ.

Ҫав списокрах И. Я. Яковлевӑн «Ачапӑча юмахӗсем» ятлӑ кӗнеки пур. Программӑна хатӗрлекенсем ӗнентернӗ тӑрӑх, вӑл кӗнеке 1949 ҫулта пичетленсе тухнӑ пулать. Ӑна ҫырса вӑхӑт ирттерни те ахалех пулать, ун пек кӗнеке ҫук. 1948 ҫулта Чӑваш АССР Государство издательстви И. Я. Яковлевӑн «Ачапӑча калавӗсем» ятлӑ сборникне кӑларнӑччӗ.

М. Ю. Лермонтов сӑввисем чӑвашла уйрӑм кӗнекен 1949 ҫулта тухнӑ, тенӗ. Тӗрӗс мар. Пӗрремӗш хут «Сӑвӑсем» поэт вилнӗренпе 100 ҫул ҫитнӗ май 1941 ҫулта, иккӗмӗш хут 1951 ҫулта тухнӑ.

В. В. Маяковскин «В. И. Ленин» поэми 1949 ҫулта «Ялав» журналӑн 1-мӗш номерӗнче пичетленнӗ, тенӗ. «Ялавра» поэма пӗтӗмӗшпе мар, унӑн пӗр пӗчӗк пайӗ кӑна пичетленнӗ.

«И. Я. Яковлевпа Чӗмпӗрти чӑваш шкулӗ» статья 1939 ҫулхи «Ялав» журналӑн 8-мӗш номерӗнче пичетленнӗ, тенӗ. Пурте пӗлеҫҫӗ: «Ялав» 1946 ҫулта тин тухма пуҫланӑ.

Ҫеҫпӗл Мишшин «Сӑвӑсем» кӗнекипе Иван Мучин «Кулӑшла калавӗсем» 1941 ҫулта мар, 1940 ҫулта пичетленсе тухнӑ.

Программӑра П. Н. Осипов ҫырнӑ «Кушар» драма уйрӑммӑн 1948 ҫулта тухнӑ тени—йӑнӑш. 1948 ҫулта «Кушарӑн» автор ҫӗнетнӗ варианчӗ уйрӑм кӗнекепе мар, наукӑпа Тӗпчев институчӗ кӑларнӑ «Чӑваш совет литературин хрестоматийӗ» ятлӑ кӗнекере пичетленнӗ. Учительсем ҫырса ан хӑшкӑлччӑр тесен, ӑна ҫапла кӑтартмалла пулнӑ та. Уйрӑммӑн вӑл пьеса 1927 ҫулта тухнӑ.

«Критикӑпа библиографиллӗ литература тата аса илӳсем» тенӗ пайра (50—51 страницӑсем) Л. Агаковӑн «Пирӗн геройсем вилӗмсӗр» ятлӑ статьине асӑннӑ. Вулакан «Ялав» журналӑн программӑра кӑтартнӑ пӗрремӗш номерне илсе пӑхать. Ҫук! Иккӗмӗш, виҫҫӗмӗш, тӑваттӑмӗш номерӗсенче те ҫук. Пиллӗкмӗш номерте тин кӗтнӗ статья сиксе тухать.

Ҫав пайах С. В. Элкерӗн «Иван Мучи» ятлӑ статьипе С. Даниловӑн Иван Мучи ҫинчен аса илнисене кӗртмелле пулнӑ. Вӑл статьясем иккӗшӗ те «Тӑван Атӑл» альманахӑн 2(26)-мӗш кӗнекинче пичетленсе тухнӑ.

Вуннӑмӗш класра вуламалли произведенисен списокӗнче йӑнӑшсем тата та ытларах. Уйӑп Мишшин «Малалла, хӗвеланӑҫнелле» ятлӑ сборникӗ 1942 ҫулта тухнӑ, тенӗ. Тӗрӗс мар: вӑл кӗнеке 1943 ҫулта тухнӑ.

А. Алкан «Хӗвеллӗ ир» сборникӗ те 1939 ҫулта мар, 1940 ҫулта тухнӑ.

В. Долговӑн «Ҫурхи калавсем» сборникӗ программӑра каланӑ пек 1948 ҫулта мар, пилӗк ҫул маларах—1943 ҫулта тухнӑ.

С. Шавлын «Киев пионерӗ» ятлӑ поэми уйрӑммӑн 1944 ҫулта тухнӑ, тенӗ. Йӑнӑш: вӑл кӗнеке 1945 ҫулта тухнӑ.

П. Хусанкайӑн «Сӑвӑсемпе поэмӑсем» сборникӗ 1949 ҫулта мар, 1948 ҫулта пичетленсе тухнӑ.

И. Ф. Попов ҫырнӑ «Ҫемье» пьеса пӗтӗмӗшпе «Тӑван Атӑл» альманахӑн 2(39)-мӗш кӗнекинче пичетленчӗ. Программа хатӗрлекенсем ӑна курман: программӑра вӗсем ҫав пьесӑн «Ялав» журналта ҫапӑннӑ сыпӑкне кӑна вулама сӗнеҫҫӗ.

А. Александровӑн «Уяр калавӗсем» ятлӑ статьи «Ялав» журналӑн 1947 ҫулхи 5-мӗш номерӗнче пичетленнӗ. Программа хатӗрлекенсем вӑл статья журналӑн 3-мӗш номерӗнче тухнӑ тесе ӗнентереҫҫӗ.

«Уйӑп Мишши сӑввисем» статьяна («Ялав», 3-мӗш номер, 1950 ҫ.) А. Алка ҫырнӑ, тенӗ. Йӑнӑш: вӑл статьяна А. Алкапа М. Хури ҫырнӑ.

Вуннӑмӗш класра вуламалли произведенисен списокне А. Ӗҫхӗлӗн «Калавсемпе очерксем» ятлӑ кӗнекине кӗртнӗ. Ун пек кӗнеке Ӗҫхӗлӗн нихҫан та пулман.

Опечаткӑсем те нумай. Карело-Финн халӑхӗн эпосӗнчи Айно ятлӑ ҫынна Айво туса хунӑ. Китай поэчӗ Ай Цин—Ай Пин пулса ларнӑ т. ыт. те.

Программӑра асӑннӑ произведенисене тупас тесен, кашниччех кроссворд тупсӑмне шыранӑ пек шырас пулать.

Программӑна хатӗрлекенсем хӑйсен ӗҫӗ ҫине пӳрне витӗр пӑхнипе пин вулаканӑн, пин учителӗн ӗҫне йывӑрлатнӑ.

Ф. АФАНАСЬЕВ.

*) Вӑтам шкулсен программи. Чӑваш литератури. VIII—X-мӗш классем. Шупашкар, 1952 ҫул. 56 стр.

## Тӗрӗслеме янӑ ҫырусем тӑрӑх

«Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине Вӑрнар районӗнчи «Красный кустарь» артель ӗҫӗнче пысӑк ҫитменлӗхсем пурри, тумтир ҫӗлеме паракансен заказӗсене кирлӗ пек пурнӑҫласа пыманни ҫинчен ҫыру килнӗччӗ. Редакци ҫав ҫырӑва тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнма Чӑвашпромсовета янӑччӗ.

Чӑвашпромсовет правленийӗн председателӗн заместителӗ Е. Корабасов юлташ ҫырура ҫитменлӗхсене тӗрӗс кӑтартса пани ҫинчен пӗлтерчӗ. Ҫырӑва «Красный кустарь» артель правленийӗн ларӑвӗнче сӳтсе явнӑ. Правлени ҫитменлӗхсене пӗтерме йышӑннӑ. Ҫырура асӑннисене тӗрӗсленӗ, хыҫҫӑн артель правленийӗн ӗҫӗ ҫинчен Чӑвашшвейпромсоюз президиумӗн ларӑвӗнче доклад итленӗ.

* * *

Паҫпак ял Советӗнчи (Шупашкар районӗ) колхоз ҫуракине япӑх хатӗрлени ҫинчен «Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине ҫыру килнӗччӗ.

ВКП(б) Шупашкар райкомӗ редакцине ҫапла пӗлтерчӗ: ҫырура кӑтартса панӑ фактсем тӗрӗс пулнӑ. Парторганизацин усӑ пухӑвӗнче сӳтсе явса, ҫитменлӗхсене пӗтерме тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑннӑ.

## Продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн

Республикӑри чылай предприятисем продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли заданине тӑтӑш ӑнӑҫлӑн пурнӑҫласа пыраҫҫӗ. 1951 ҫулта республикӑри промышленность, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, продукцин хӑйне ларакан хакне 69 миллион тенкӗлӗх йӳнетнӗ.

Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденлӗ завод коллективӗ, ҫӗнӗ техникӑпа тата малта пыракан технологипе, новаторсен опычӗпе анлӑн усӑ курса, кадрсен пӗлӗвӗпе ӑсталӑхне пӗрмай ӳстерсе пырса, хуҫалӑх расчетне ҫирӗплетессишӗн тимлӗ кӗрешсе, продукцин хӑйне ларакан хакне 10.1 процент вырӑнне 12,2 процент йӳнетнӗ, планран ирттерсе 1,5 миллион тенкӗ тупӑш тунӑ. План тӑрӑх, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, материалсем 4.4 процент чухлӗ перекетлемелле пулнӑ, чӑннипе 7,6 процент перекетленӗ. Ытти расходсем енӗпе те чылай перекетлӗх тунӑ.

Заводӑн продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли резервсем сахал мар: производствӑра брак пулнине, усӑсӑр тӑкаксем тунине пӗтермен.

Ҫӗмӗрлери «Большевик» завод 10 пин кубометр ытла юман вутти, пӗтӗмӗшпе 1,4 миллион тенкӗлӗх чӗртавар перекетленӗ. Заводра продукцин хӑйне ларакан хакне кашни операци тӑрӑх йӳнетессишӗн социализмлӑ ӑмӑрту анлӑн сарӑлнӑ.

Шупашкарти пир-авӑр фабрики 1951 ҫулхи плана пур кӑтартусем тӑрӑх та ӑнӑҫлӑн пурнӑҫланӑ. Кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли плана ирттерсе тултарса, фабрика вуншар пин тенкӗ тупӑш тунӑ.

Шупашкарти Ленин ячӗпе тӑракан ҫӗвӗ фабрики, Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗ, Улатӑрти махорка фабрики тата ытти хӑшпӗр предприятисем кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли заданине ӑнӑҫлӑн пурнӑҫланӑ.

Ҫав вӑхӑтрах чылай предприятисемпе трестсен руководителӗсем хуҫасӑрлӑха пӗтерес, перекетлӗх режимне ҫирӗплетес, шалти резервсемпе туллин усӑ курас тӗлӗшпе тивӗҫлӗ ответлӑх туймаҫҫӗ-ха. «Чӑвашлесдрев» трест (управляющийӗ П. Кормачев юлташ) 1951 ҫулта продукцин хӑйне ларакан хакне 10,3 процент вырӑнне 4,8 процент ҫеҫ йӳнетнӗ, ҫавӑн пирки государствӑна 1.440 пин тенкӗ укҫа парса ҫитереймен.

«Чӑвашвӑрман» трест продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли тата тупӑш тумалли заданине пурнӑҫламаннипе государствӑна пилӗк миллион тенке яхӑн укҫа парса ҫитереймен. Треста пӑхӑнса тӑракан вӑрманпромхозсем ҫав-ҫавах пуян техникӑпа лайӑх усӑ курмаҫҫӗ-ха. Чылай рабочисем ӗҫ нормине тултармаҫҫӗ. Предприятисенче социализмлӑ ӑмӑртӑва кирлӗ пек йӗркелемен. Ҫӗмӗрле вӑрманпромхозӗ 1951 ҫулта продукци туса кӑлармалли плана 105,9 процент тултарнӑ. Ҫиелтен пӑхсан, вӑл лайӑх ӗҫлет теме пулать. Чӑннипе вӑл япӑх ӗҫленӗ. Вӑрманпромхоз электропӑчкӑсемпе йывӑҫ касса хатӗрленӗ ҫӗрте ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли плана 69,5 процент, каснӑ йывӑҫа механизмсемпе ҫул хӗррине йӑлсе тухнӑ ҫӗрте—49,6 процент, механизмсемпе йывӑҫ турттарса кӑларнӑ ҫӗрте 82,9 процент ҫеҫ тултарнӑ. Автомашинӑсемпе тракторсем, пӑравуссемпе вагонсем час-часах ӗҫсӗр тӑнипе тата вӗсене вӑхӑтра пысӑк пахалӑхпа юсаманнипе вӑрманпромхоз усӑсӑр тӑкаксем нумай тӑвать. Ҫавӑнпа вӑл продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли ҫулталӑкри заданине пурнӑҫламан.

Кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта «Чӑвашвӑрман» трест плана пахалӑх енчен ҫеҫ мар, хисеп енчен те япӑх тултарнӑ, усӑсӑр тӑкаксем чылай тунӑ, бюджет умӗнчи тивӗҫе пурнӑҫламан.

Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность управленийӗ продукцин хӑйне ларакан хакне 16.2 процент вырӑнне 6,4 процент ҫеҫ йӳнетнӗ. Управленине пӑхӑнса тӑракан предприятисем ҫӗршер пин тенкӗ убыток тунӑ. Ивановӑри кирпӗч завочӗ япӑх продукци туса кӑларнӑ, оборудованипе лайӑх усӑ курман, топливо нормӑран ирттерсе пӗтернӗ, усӑсӑр тӑкаксем нумай тунӑ. Ҫавӑнпа та вӑл продукцин хӑйне ларакан хакне планпа палӑртнинчен 44,3 процент ӳстернӗ.

Тӑвай районӗнчи черепица завочӗ пӗлтӗр темиҫе уйӑх ӗҫлемен, брак нумай тунӑ. Ун пек ӗҫлесен, паллах, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетме май ҫук. Завод туса кӑларнӑ черепица планпа ҫирӗплетнинчен икӗ хут хаклӑрах пулнӑ.

Уйрӑмах крахмалпа патока тресчӗ япӑх ӗҫленине палӑртас пулать. 1951 ҫулхи план тӑрӑх унӑн продукцин хӑйне ларакан хакне 2,5 процент йӳнетмелле пулнӑ. Чӑннипе вӑл 8,6 процент хаклӑлатнӑ. Треста пӑхӑнса тӑракан заводсем нормӑран ирттерсе 273 пин тенкӗлӗх чӗртавар, 35 пин тенкӗлӗх топливо пӗтернӗ. Чӑваш АССР Апат-ҫимӗҫ промышленность министерствине пӑхӑнса тӑракан Етӗрнери ҫу заводӗнче, Кувакино апат-ҫимӗҫ комбинатӗнче те усӑсӑр тӑкаксем чылай тунӑ.

Чылай предприятисем продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли заданине пӗтӗмӗшпе ӑнӑҫлӑн тултараҫҫӗ. Ку—паха тӗслӗх. Балансна калькуляцине тӗплӗ тӗпчесе пӑхсан ҫавӑн пек предприятисенче те пысӑк ҫитменлӗхсем пурри палӑрать. Сӑмахран, Канашри вагонсем юсакан завод иртнӗ ҫулхи производствӑпа финанс планне ӑнӑҫлӑн тултарнӑ. Анчах вӑл хӑй туса хатӗрленӗ детальсене нормӑран ирттерсе икӗ миллион тенкӗлӗх ытла пӗтернӗ, усӑсӑр тӑкаксем 888 пин тенкӗлӗх тунӑ, брак пулнипе 257 пин тенкӗ сиен курнӑ. План тӑрӑх кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта продукцин хӑйне ларакан хакне 5,3 процент йӳнетмелле пулнӑ. Завод чӑннипе 3,8 процент хаклӑлатнӑ. Вӑл нормӑран ирттерсе 815 пин тенкӗлӗх детальсем пӗтернӗ, цехсенчи тата пӗтӗм заводри расходсем сметӑпа палӑртнинчен 400 пин тенкӗ ытла тунӑ. Продукци туса кӑлармалли кварталти плана ӑнӑҫлӑн тултарни завод руководителӗсене лӑпланма ирӗк памасть. Партипе правительство плана хисеп енӗпе ҫеҫ мар, пахалӑх кӑтартӑвӗсем енӗпе те тӑтӑш тултарса пыма хушаҫҫӗ.

Иртнӗ ҫулсенче Куславккари ҫуртсем тӑвакан завод кварталтан квартала Ҫӗр кӑмрӑк промышленность министерствипе ВЦСПС-ӑн куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялавне илетчӗ. Юлашки вӑхӑтра вӑл хӑйӗн ӗҫне вӑйсӑрлатрӗ. Уйрӑмах кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта ҫителӗксӗр ӗҫленине палӑртас пулать. План тӑрӑх продукцин хӑйне ларакан хакне 5,5 процент йӳнетмелле пулнӑ, завод 5,2 процент ӳстернӗ. Вӑл чӗртаварпа материал нормӑран ирттерсе 609 пин тенкӗлӗх, электроэнерги 81 пин тенкӗлӗх пӗтернӗ. Урӑхла каласан, завод продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли заданине пурнӑҫламаннипе государствӑна 980 пин тенкӗ сиен кӳнӗ.

Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн иккӗмӗш сессийӗ республикӑн 1952 ҫулхи бюджетне ҫирӗплетрӗ. Бюджета ӑнӑҫлӑн пурнӑҫласси кашни предприяти производствӑпа финанс планне кварталтан квартала, уйӑхран уйӑха пур кӑтартусем тӑрӑх та тултарса пынинчен, бюджета хывмалли укҫа-тенке вӑхӑтра тӳлесе пынинчен килнине пӗр самантлӑха та манма юрамасть.

Предприятисенчи партипе профсоюз организацийӗсен продукцин хӑйне ларакан хакне кашни операци тӑрӑх йӳнетессишӗн, чӗртаварпа материалсене, топливӑпа электроэнергине перекетлессишӗн, оборудованипе лайӑх усӑ курассишӗн рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем хушшинче социализмлӑ ӑмӑртӑва анлӑ сармалла. Хуҫалӑх расчетне ҫирӗплетни, командирсен ответлӑхне ӳстерни, учетпа отчетноҫа лайӑхлатни, усӑсӑр тӑкаксене пӗтерни, производство хӑвачӗсемпе усӑ курни, брак пулнине хирӗҫ вирлӗ кӗрешни—ҫаксем вӗсем пурте перекетлӗх режимне ҫирӗплетмелли майсем пулаҫҫӗ. Цехсенче, участоксенче, бригадӑсенче чӗртаварпа материалсем, топливӑпа электроэнерги мӗн чухлӗ пӗтернине тӑтӑш тӗрӗслесе тӑни, малта пыракан, прогрессивнӑй нормӑсене пурнӑҫа кӗртни, производство новаторӗсен паха опычӗпе меслетне анлӑ сарни кирлӗ.

П. ПЛАТОНОВ.
В. СВЕШНИКОВ.

# Румыни никама пăхăнман çĕршыв пулса тăни çинчен пĕлтернĕренпе 75 çул тултарнă ятпа Бухарестра пулнă савăнăçлă лару

БУХАРЕСТ, майăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 9-мĕшĕнче кунта Румыни никама пăхăнман çĕршыв пулса тăни çинчен пĕлтернĕренпе 75 çул тултарнă ятпа савăнăçлă лару ирттернĕ.

Лару президиумĕнче: Аслă Наци Пухăвĕ президиумĕн председателĕ К. Пархон академик, Министрсен Совечĕн председателĕ Петру Гроза доктор, Румыни никама пăхăнман çĕршыв пулса тăни çинчен пĕлтернĕренпе 75 çул тултарнине уявласа иртерес тĕлĕшпе ĕçлеме уйăрнă юбилей комитечĕн членĕсем, ССР Союзĕн Румынири послĕ С. И. Кавтарадзе.

Ложăсенче çаксем: Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕ Г. Георгиу-Деж, партин Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем Анна Паукер, Василе Лука, Теохари Джорджеску, Иосиф Кишиневский, Лотар Радачану, Александру Моггорош, Аслă Наци Пухăвĕн президиумĕн членĕсем, правительство членĕсем, халăх демократи çĕршывĕсен дипломати представительствисен пуçлăхĕсем.

Ларăва Министрсен Совечĕн председателĕ Петру Гроза доктор кĕске сăмах каласа уçнă.

Ларăва пухăннисем тăвăллăн алă çупса лару хисеплĕ председательне И. В. Сталин юлташа суйланă. Хисеплĕ президиума ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн Политбюровне тата Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕн Политбюровне суйланă.

Савăнăçлă ларура Румыни хĕçпăшаллă вăйĕсен министрĕ арми генералĕ Эмиль Боднараш доклад тунă.

Эмиль Боднараш доклад тунă чухне ларăва пухăннисем темиçе хутчен аслă Совет Союзне, халăхсене ирĕке кăларнă Совет Çарне чысласа, Румыни халăхĕн чи лайăх тусне И. В. Сталина чысласа нумайччен хытă алă çупнă.

Ларăва пухăннисем Румыни Министрĕсен Совечĕн председателĕ Петру Гроза тата Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕ Г. Георгиу-Деж янă саламлă телеграмма çине ответлесе И. В. Сталин юлташ янă телеграммăна вуласа панине тимлесе итленĕ.

Пурте ура çине тăрса «Сталина—мухтав!», «Сталин!», «Сталина—урра!» тесе саламласа кăшкăрнă. Румыни халăхне ирĕке кăларакана, халăхсен аслă çулпуçне И. В. Сталин юлташа чысласа темиçе минут хушши тăвăллăн алă çупнă.

Ларăва пухăннисем пысăк хаваслăхпа Румыни халăхĕн чи лайăх тусĕ—И. В. Сталин патне саламлă телеграмма яма йышăннă.

Телеграммăра çапла çырнă:

**ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН ЮЛТАША**

**Мускав, Кремль.**

Хаклă Сталин юлташ!

Румыни никама пăхăнман государство пулса тăни çинчен пĕлтернĕренпе 75 çул тултарнине уявлама савăнăçлă ларăва пухăннă Румыни Халăх Республикин столицийĕнчи ĕççыннисем Сире, пирĕн хаклă атте, пире ирĕке кăларакан тата учитель, пĕтĕм чунтан-чĕререн юратса хĕрÿллĕ салам ярассĕ тата тав тăвассĕ.

Вырăс халăхĕн хастарлăхне тата вăл хăйне хĕрхенмесĕр кĕрешнине пула, вырăс çарĕсем çĕнтернине, вырăс çарĕсемпе пĕрле Оттоман империне хирĕç Румыни çарĕсем те юнашар тăрса çапăçнине пула, Турци пусмăрлăхне—Румыни княжествисене темиçе ĕмĕр хушши хĕн-хурта усранă пусмăра ĕмĕрлĕхех сирсе пăрахнине пирĕн халăх нихçан та манас çук.

Паян эпир çавăн пекех тата Совет Союзĕ гитлерла Германине çĕнтернĕ аслă куна уявлатпăр. Румыни халăхĕ хăйĕн историйĕнче иккĕмĕш хут хăйĕн никама пăхăнманлăхне паттăр вырăс халăхĕ пулăшнипе илме пултарчĕ. Вăл фашистла пусмăра сирпĕтсе ангарчĕ те империализм сăнчăрĕсенчен хăтăлчĕ.

Пирĕн халăх хамăр тăван çĕршывăн никама пăхăнманлăхĕшĕн çапăçнă чухне яланах ăна аслă вырăс халăхĕ тăванла пулăшса пынине туйнă. Вăрçă хирĕсенче Румыни халăхĕпе вырăс халăхĕн алла хĕçпăшал тытса пĕрлешсе кĕрешмелли тăванлăхĕ çирĕпленсе пынă. 1944 çулхи августăн 23-мĕшĕ хыççăн Румыни халăхĕпе вырăс халăхĕ хушшинчи ĕмĕртенех туслăх çĕнĕ çÿле пусăма çĕкленнĕ.

Социализмăн аслă çĕршывĕн хĕçпăшаллă вăйĕсем пирĕн çĕршыва ирĕке кăларни Румынири ĕççыннисене, рабочи класс партийĕ ертсе пыракансемпе, хăйсен çĕршывĕнчи эксплуататорсене сирпĕтсе антарма, хăйсен ирĕклĕ тата никама пăхăнман тăван çĕршывĕн чăн-чăн хуçисем пулса тăма, социализм тума тытăнма май пачĕ.

Румыни никама пăхăнман государство пулса тăнине уявланă кун, Совет Çарĕ фашизма çĕнтернипе пĕтĕ пысăк çĕнтерÿ тунине уявланă кун, эпир аслă Совет Союзне, аслă совет халăхне тата Сире, хаклă, юратнă Сталин юлташ—пирĕн халăха ирĕке кăларакана тата пирĕн халăхăн чи лайăх тусне, фашизма çĕнтересе çĕнилле организацилесе чунтан-чĕререн хисеплесе тав тăватпăр.

Эсир, Сталин юлташ, пире çĕнĕ, халăх демократилле Румыни тăвас ĕçре малашне те çĕнтерÿсем туса пыма ырă сунни пирĕн пĕтĕм халăха ĕçре çĕнĕ çĕнтерÿсемшĕн кĕрешме хавхалантарать.

Румыни Халăх Республикин ĕççыннийĕсем хамăр çĕршыва социализм тăвасшăн, мир сыхласа хăварассишĕн, çĕнĕ вăрçă пусарма хĕтĕртекенсен—Америкăпа Англи империалисчĕсен преступленийĕсен планĕсене пĕтерсе лартассишĕн, пĕтĕм тĕнчери халăхсен мирне ирĕклĕхне хÿтĕлекен прогрессивлă халăхсем пулса тăракан аслă Совет Союзĕпе туслă пулассишĕн халичченхинчен те хытăрах тăрăшса ĕçлеме тата кĕрешме сăмах паратпăр.

Сывă пултăр Румыни халăхĕпе совет халăхĕ хушшинчи ĕмĕрлĕх туслăх!

Пирĕн халăхăн юратнă тусне тата учительне, мир ялавне çÿлте тытса пыракан Иосиф Виссарионович Сталина—мухтав!

Ларăва пухăннисем Румыни Министрĕсен Совечĕпе Румынири рабочи партин Центральнăй Комитетне ямалли саламлă çырăвăн текстне пысăк хаваслăхпа йышăннă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Демократилле Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтерет: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсемпе пĕрле Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă, вĕсен салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине нумай пĕтернĕ.

Ĕнер Халăх çарĕн чаçĕсем Инычоне, Чхолвонь районĕсенче тата Кимсонран кăнтăрарахри районта тăшман атакисене сирсе ярас тĕлĕшпе çапăçнă. Америкăн тинĕс пехотин пĕрремĕш дивизийĕ тата 45-мĕшпе 40-мĕш дивизийĕсем, Англи пĕрремĕш дивизийĕ, авиаци тата артиллери пулăшса тăнипе, Халăх çарĕн позицийĕсем çине темиçе хутчен те атакăсем тунă. Анчах çав дивизисен атакисене сирсе янă, вĕсене каялла чакарнă, çавăн чухне вĕсене сиен кÿнĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй артиллери чаçĕсем тата тăшман самолечĕсене хирĕç çапăçакан салтаксем тăшманăн 3 самолетне персе ÿкернĕ, çав самолетсем унчен, ытти самолетсемпе пĕрле, Демократилле Корея Халăх Республикин тыл районĕсене тапăннă пулнă.

ПХЕНЬЯН, майăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Демократилле Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паянхи пĕлтерĕвĕнче çапла каланă: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле пур фронтсенче те оборонăра тăрса çапăçассĕ, тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине чылай пĕтерессĕ.

Хĕвеланăçĕнчи фронтра Халăх çарĕн позицийĕсем çине тăшман темиçе хутчен те тапăннă. Анчах ăна каялла хăваласа янă, çавăн чухне ăна сиен кÿнĕ.

Паян Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтакĕсем тăшманăн 7 самолетне персе ÿкернĕ.

### АМЕРИКА АВИАЦИЙĔ ÇУРÇĔР КОРЕЙĂРА ТЫТКĂНРИ ÇАР ÇЫННИСЕН ЛАГЕРЬНЕ ТАПĂННĂ

ПЕКИН, майăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви Кэсонран çапла пĕлтерет: майăн 4-мĕшĕнче, ирхине 10 сехет тĕлнелле, Америка çар самолечĕ Чонсонри (Çурçĕр Корея) тыткăнри çар çыннисен лагерьне тапăннă, ун çине бомбăсем пăрахнă тата пулеметсемпе пенĕ. Тепĕр кунне Америка çарĕн тăватă самолечĕ тыткăнри çар çыннисен çав лагерĕн районĕнче икĕ хутчен пулеметсемпе пенĕ.

### АМЕРИКА САМОЛЕЧĔСЕМ ПАНЬМЫНЬЧЖОНЬРИ ÇАРСЕМ ПЫРСА КĔМЕ ЮРАМАН ВЫРĂНТИ ЙĔРКЕНЕ СĔНĔРЕН ПĂСНĂ

ПЕКИН, майăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсон хулинчен çакăн çинчен пĕлтерет:

Паян Корейăпа Китай çарĕсен делегацийĕн главнăй сыхăну офицерĕ Чан Чун Сан полковник Америка командованийĕн делегацийĕн главнăй сыхăну офицерне Киннине Америка çар самолечĕсем майăн 9-мĕшĕпе 10-мĕшĕнче Паньмыньчжоньри çарсем пырса кĕме юраман вырăнти йĕркене пăснă пирки протестленĕ.

Америка самолечĕсем Паньмыньчжоньри калаçусем иртермелли вырăн тĕлне майăн 9-мĕшĕнче ирхине 8 сехет те 33 минутра 8 сехет те 47 минут хушшинче, майăн 10-мĕшĕнче 9 сехет те 33 минутра вĕççе кĕнĕ.

Чан Чун Сан полковник çакăн пек требовани лартнă: Америка командованийĕн хăйĕн сывлăш çарĕн çыннисен ĕççĕсене хытă тĕрĕслесе тăмалли йĕрке тумалла, çавăн пек ĕççем урăх ан пулччăр, тенĕ. Американецсем çав килĕшĕве халиччен пăссан, вĕсем мĕнле ответленĕ, Кинни халĕ те çавăн пек ответ панă, Америка командованийĕ ку ĕççем мĕнле пулма пултарнине «йĕрлесе пĕлме тăрăшĕ», тенĕ.

### ДЕМОКРАТИЛЛĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЧЕ НАУКА АКАДЕМИЙĔ УÇĂÇÇĔ

ПХЕНЬЯН, майăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Пхеньянри радио çакăн çинчен пĕлтерет: Демократилле Корея Халăх Республикин министрĕсен кабинечĕ Демократилле Корея Халăх Республикинче Наука академийĕ уçма решени йышăннă.

Наука академине уçма хатĕрленме комисси уйăрнă. Комиссине Наука академине августăн 15-мĕшĕ тĕлне уçма хатĕрленсе çитме хушнă.

## Вашингтон хушнипе

**Японире пурăнакан корейцсене хĕсĕрлессĕ**

ТОКИО, майăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Вырăнти çынсем çакна палăртассĕ: «сепаратнăй «мирлĕ договор» ĕçе кĕрес» умĕнхи тапхăрта Вашингтонран хушнипе Кăнтăр Корейăран Ли Сын Ман террорисчĕсене Японине нумай илсе пынă. Японире пурăнакан Корея çыннисене хирĕç тапăклă репрессисем пуçланас пулсан, çав террористсене демократилле шухăш-кăмăллă корейцсене хирĕç массăллă террор организацилеме хушнă. Çак бандитсене Америкăн уйрăм органĕсем тата Корейăн Японири реакцилле организацийĕсем паракан укçа-тенкĕпе тытса усрассĕ.

## Спорт хыпарĕсем





УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: иртнĕ вырсарникун Шупашкарти стадионра. Спортсменсем хăйсен ăсталăхне кăтартассĕ. Г. ЗИНЬКОВ фотоукерчĕкĕ.

### Çуллахи сезон уçăлчĕ

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти «Молния» спорт обществи стадионĕнче çуллахи спорт сезонĕ уçăлнă ятпа тĕрлĕ спорт ăмăртăвĕсем пулчĕç.

Чи малтанах физкультурниксен парачĕ пулчĕ. Трибуна умĕпе «Динамо», «Спартак», «Искра», «Буревестник», педагогика тата ялхуçалăх институчĕсен, ытти тĕрлĕ спорт обществисемпе физкультура организацийĕсен, техникумсемпе шкулсен командисем иртрĕç.

Унтан спорт вăййисем пуçланчĕç. Стадиона Шупашкарти шкулсенчи спортсменсен колонни тухрĕ. Çамрăк физкультурниксемпе физкультурницăсем «ГТО» значокĕн упражненийĕсене туса кăтартрĕç. Хулари çамрăк спортсменсен шкулĕнчи физкультурниксемпе физкультурницăсем акробатика упражненийĕсем турĕç. Стадиона пухăннисем çамрăк акробатсен пултарулăхне курса савăнассĕ. Пирĕн совет шкулĕсем наукăсене тĕплĕ вĕреннĕ, çирĕп сывлăхлă, Тăван çĕршыва чĕререн юратакан çамрăксене пăхса ÿстерессĕ.

Коопераци техникумĕнчи студенткăсем (руководителĕ СССР спорт мастерĕ М. Гущина юлташ) ГТО значокĕн уйрăм упражненийĕсене, ялхуçалăх институтĕнчи студентсемпе студенткăсем гимнастика пирамиди туса кăтартрĕç. Педагогика институтĕнчи студентсемпе студенткăсен выступленийĕ уйрăмах интереслă пулчĕ.

Стадиона пухăннисене çавăн пекех штангистсен, гимнастика тăвакансен пултарулăхĕ кăмăла кайрĕ.

Çăмăл атлетсене ăмăртса чупма старт пачĕç. Çав вăхăтрах волейболистсен, баскетболистсен, чушкăлла выляксен ăмăртăвĕсем пулчĕç. Футболла вылямалли площадка тавра халăх пухăнса тулнă. Кунта мотоциклистсем хăйсен пултарулăхне кăтартассĕ.

Юлашкинчен «Молния» спорт обществин футбол командипе Чапаевски поселокри футбол команди юлташла тĕл пулса вылярĕç.

Физкультурниксемпе физкультурницăсен çуллахи спорт сезонĕ уçăлнă ятпа иртнĕ выступленисем тăватă сехет пычĕç.

### Спорт обществисенче

**Пĕтĕм Союзри ăмăртура мала тухнă.** ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ «Колхозник» спорт обществисен смотрĕн итогĕсене пăхса тухнă. Çав ăмăртура пирĕн республикăран Чкаловски районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри «Колхозник» спорт обществи мала тухнине палăртнă, ăна ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн куççа çÿрекен Хĕрлĕ ялавне, общество совечĕн председательне Багманов юлташа ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн Хисеплĕ грамотине памалла тунă.

Жданов ячĕпе тăракан колхозри спорт коллективĕнче халĕ 157 физкультурник шутланать. Пĕлтĕр унта ГТО значкисчĕсем 140, спортсмен-разрядниксем 51 çын хатĕрленĕ.

**Республикăри çĕнĕ рекорд.** Елчĕк районĕнчи «Колхозник» спорт обществи членĕ А. Игнатьев юлташ Сочи хулинче çăмăл атлетсен ăмăртăвĕнче пулнă. Унта вăл 400 метр чупса Чăваш республикишĕн çĕнĕ рекорд тунă. Çак дистанцие вăл 49,8 секундра чупса тухнă.

**Çăмăл атлетсен ăмăртăвне кайма хатĕрленессĕ.** Çак кунсенче Ростов хулинче Россия Федерацийĕнчи çăмăл атлетсен ăмăртăвĕ пулса иртнĕ. Унта пирĕн республикăран «Колхозник» спорт обществин членĕсем Бикчурин, Камалдинов, Скворцов тата Яшмейкин юлташсем пулнă. Бикчуринпа Камалдинов юлташсем ăмăртура лайăх тĕслĕх кăтартнă, вĕсене Совет Союзĕнчи чи лайăх çăмăл атлетсен ăмăртăвне кайма хатĕрленме хăварнă.

**Велосипедистсен ăмăртăвне каяççĕ.** Çитес кунсенче Калинин хулинче колхозсенчи велосипедистсен РСФСР-ти ăмăртăвне хутшăнакансен тренировочнăй занятийĕсене иртересçĕ. Унта пирĕн республикăран пĕлтĕр Россия Федерацийĕнчи спартакиадăра мала тухнă Ф. Титовпа Т. Порфирьева юлташсем каяççĕ. Вĕсем иккĕшĕ те Шупашкар районĕнчен.

## Культурăллă пурнăç хроники

**Радиоприемниксем туянассĕ.** Хĕрлĕ Чутай районĕнче колхозниксен килĕсене радио кĕртесси çултан-çул лайăхланса пырать. Юлашки вăхăтра кăна Карăкçырминче, Çĕнĕ Ирчемесре, Çĕнĕ Атикассинче вунцăр колхозниксен килĕсене радио кĕртнĕ, чылай колхозниксем радиоприемниксем туяннă. Унсăр пуçне кашни вулав çуртĕнче, колхоз правлени çуртĕсенче лампăллă радиоприемниксем ĕçлессĕ.

П. ГОЛИЦЫН.

**Колхоз театрĕн гастролĕсем.** Республикăри колхоз театрĕ хĕллехи сезона ăнăçлăн вĕçлерĕ. Кăçал пурĕ 197 хутчен спектакль лартнă, вĕсене 21.500 çын пырса курнă.

Халĕ театр çуллахи гастроле кайма Вояковăн «Ксения» пьесăна тата Н. Айзманăн «Илĕртÿллĕ ирхи шуçăм» комедие хатĕрлет. Çак постановкăсене театр хамăр республикăри колхозсенче тата Тутар республикинчи, Ульяновски, Куйбышев облаçĕсенчи чăваш ялĕсенче кăтартать.

Ю. НИКОНОРОВ.

### ЙЫВĂÇСЕМ ЛАРТМА ТЫТĂНЧĔÇ

КАЛИНИНО. Уй-хирсене шăрăх çилтен хÿтĕлеме Буденный ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çул 2,5 гектар çине акаци, вĕрене, хыр лартса хăварчĕ. Йывăçсем лайăх çитĕнессĕ.

Колхоз кăçал пусă чиккисене татах пилĕк гектар йывăç лартать. Бригадăсенче йывăçсем лартма тытăнчĕç. Пурĕ 10 пин тĕп тĕрлĕрен йывăçсем лартассĕ.

И. ПРОКОПЬЕВ.

### Çуллахи кинотеатр

Майăн 1-мĕшĕнче Шупашкарта çуллахи «Прогресс» кинотеатр уçăлчĕ. Ку кинотеатр кашни кунах ĕçлет. Киносеансем каçхине 7 тата 9 сехетсенче пулса иртессĕ.

Майăн 1—2-мĕшĕсенче «Сказание о земле Сибирской» ятлă художествăллă кинофильма 600 çын ытла курнă.

Майăн 4-мĕшĕнчен пуçласа кинотеатрта «Воздушный извозчик» кинофильма кăтартма тытăнчĕç.

П. ПЕРЛОВ.

## Поль Робсон концерчĕ

НЬЮ-ЙОРК, майăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 8-мĕшĕнче Нью-Йоркра «Роклэндпалас» суртĕнче концерт пулнă. Çав концерта Америкăри паллă юрăçă тата миршĕн паттăррăн кĕрешекен Поль Робсон хутшăннă. Концерта вăл 54 çул тултарнă ятпа иртернĕ. Концертра пулнисем Поль Робсона хĕрÿллĕн саламланă.

Концерта малтан «Манхэттэн-сентр» çуртĕнче—хула вăррипчи пысăк залра иртермелле палăртнă пулнă. Анчах та власçем хĕснипе вăл хуçисем малтанхи килĕшĕве пăрахăçа кăларнă. Çакăн пек ĕççем Поль Робсона хĕсĕрлеме тытăннăранпа час-часах пуласçĕ.

Уявра председатель пулса ертсе пыракан негрсен артисчĕ Максуэлл Глэндвилл Поль Робсон патне Фадеев, Эренбург, Тихонов, Пикассо, Арагон, Элюар, Хикмет, Жан Лафитт, Анна Зегерс, Арнольд Цвейг янă саламлă телеграммăсене вуласа панă. Çавăн пекех Пĕтĕм Польшăри миршĕн тăракансен комитечĕ, Польшăри писательсен союзĕ, мире хÿтĕлес тата Америка агрессине хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе ĕçлекен Китай халăх комитечĕ, Англипе ытти нумай çĕршывсенчи культура деятелĕсем, Америкăри çĕршер прогрессивлă деятельсем саламсем янă.

### ТОКИОРА МАЙĂН 1-мĕшĕнчи ДЕМОНСТРАЦИРЕ ПУЛНĂ ÇЫНСЕНЕ ПОЛИЦИ ХĔСĔРЛЕНИНЕ ХИРĔÇ ПРОТЕСТЛЕÇÇĔ

ТОКИО, майăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Акахата» хаçат çакăн çинчен пĕлтерет. Токиора Майăн 1-мĕшĕнчи демонстраци тухнă çынсем çине полици пăшалпа пенĕ, хăшпĕр çынсене амантнă, вилнисем те пулнă. Японипе вăрçнă пур çĕршывсемпе те мирлĕ договор тутарассишĕн патриотла кĕрешĕве сарас тĕлĕшпе ĕçлекен комитет полици демонстрантсене хĕсĕрленине хирĕç митингсемпе забастовкăсем туса протестлеме чĕннĕ.

Японири коммунистсен партийĕн центральнăй руководстви пĕтĕм тĕнчери халăхсене чĕнсе калани пичетлесе кăларнă. Унта полици хĕсĕрленинчен инкек курнă çынсене пулăшма, çав пулăшăва тĕнчери çĕршывсен çÿлте асăннă ĕçе йĕрлесе тĕпчекен комиссине, Токио хулине ярса пама чĕннĕ.

«Акахата» хаçат хăйĕн умстатьинче социалистсем, сăмахран, «Майăн 1-мĕшне уявлас тĕлĕшпе ĕçлеме уйăрнă организациллĕ комитетăн» генеральнăй секретарĕ Симагами сутăнчăкла ĕççем тунине тăрăшыв çине кăларать, рабочисене протест-забастовкăсем тата полици хĕсĕрленинчен инкек курнă çынсене пулăшу парассишĕн кĕрешмелли кампани иртерме чĕнет.

Хаçат демонстрацие хутшăннă çынсенчен полици 10 çынна, çав шутран икĕ çынна Америкăн çар полицейскийĕсем вĕлерни, пĕр çынна Америка çарĕн машини таптаса вĕлерни çинчен пĕлтерет. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Токиора демонстрацие хутшăннăшăн пĕтĕмпе 385 çынна тытса хупнă.

## Прагăра ССР Союзĕн послĕ патĕнче, Совет правительствин делегацине чысласа, йышăну пулнă

ПРАГА, майăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Паян каçхине ССР Союзĕн Чехословакири послĕ А. И. Лаврентьев Совет правительствин Совет Союзĕн Маршалĕ И. С. Конев ертсе пыракан делегацине чысласа йышăну иртернĕ.

Йышăнура çаксем пулнă: премьер-министр Антонин Запотоцкий тата Чехословаки правительствин членĕсем, Чехословакири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политикăллă ĕçсен секретариачĕн членĕсем, Чехословакири Халăх Пухăвĕн председателĕ Олдржих Йон, Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа 7 çул тултарнине уявлама пынă ытти çĕршывсен правительствисен делегацийĕсем, Китай Халăх Республикин, халăх демократи çĕршывĕсен тата Демократилле Германи Республикин дипломати представителĕсем, Чехословаки çарĕн генералĕсемпе офицерĕсем, Чехословаки Республикин наукăпа литературăн тата искусствăн паллă деятелĕсем.

Йышăну ăшă, туслă кăмăлпа иртнĕ.

### *Совет правительствин делегацине чысласа Чехословаки президенчĕ К. Готвальд патĕнче апатлану пулнă*

ПРАГА, майăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Чехословаки Республикин президенчĕ Клемент Готвальд Совет правительствин Прагăна пынă делегацине чысласа кăнтăрлахи апатлану иртернĕ. Совет правительствин делегацийĕн составĕнче: Совет Союзĕн маршалĕ И. С. Конев, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ В. А. Зорин, ССР Союзĕн Чехословакири Чрезвычайнăй тата полномочнăй Послĕ А. И. Лаврентьев.

Апатлану ăшă кăмăлпа иртнĕ. Апатланура çавăн пекех премьер-министр Антонин Запотоцкий, премьер-министр заместителĕ тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Вилем Широкий, Наци оборонин министрĕ арми генералĕ Алексей Чепичка тата Совет Союзĕн Чехословакири çар атташи П. И. Гусев генерал-полковник пулнă.

### Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа 7 çул тултарнă ятпа Прагăра пулнă йышăну

ПРАГА, майăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 9-мĕшĕнче Чехословаки премьер-министрĕ Антонин Запотоцкий тата премьер-министр заместителĕ, ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Вилем Широкий Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа 7 çул тултарнă ятпа йышăну иртернĕ.

Йышăнура çаксем пулнă: Наци Пухăвĕн президиумĕн председателĕ О. Йонпа президиум членĕсем, правительство членĕсем, Чехословакири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политикăллă ĕçсен секретариачĕн членĕсем, СССР Правительстви делегацийĕн пуçлăхĕ Совет Союзĕн маршалĕ И. С. Коневпа пĕрле делегаци членĕсем, ытти çĕршывсен правительствисен делегацийĕсен членĕсем, дипломати корпусĕн членĕсем, Чехословаки çарĕн генералĕсемпе офицерĕсем, ударниксем, Государство премийĕ лауреачĕсем, Наци фронтне кĕрекен организацисен представителĕсем, наукăпа культура деятелĕсем.

Йышăну пурте ăшă кăмăллă тата туслă пулнипе иртнĕ.

### Совет правительствин делегацийĕ Чехословакире

ПРАГА, майăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер СССР правительствин делегацийĕ Прага хулинчи Совет танкисчĕсен площадĕнче пулнă. Унта делегаципе пĕрле Чехословаки премьер-министрĕ Антонин Запотоцкий, Наци оборонин министрĕн заместителĕ дивизионнăй генерал Чепек Грушка пынă. Совет Союзĕн маршалĕ И. С. Конев тата Чехословаки премьер-министрĕ Антонин Запотоцкий площадьре лартнă совет танкĕ, Чехословакине ирĕке кăларассишĕн çапăçнă çĕрте пуçĕсене хунă паттăр совет танкисчĕсене хисеплесе асăнса пурăнма лартнă танк умне чечек çыххисем хунă.

### ЯПОНИ ПОЛИЦИЙĔ СТУДЕНТСЕН ЮННЕ ТĂКНĂ

ТОКИО, майăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 8-мĕшĕнче каçхине Япони полицийĕ Васеда университетĕнчи студентсене тапăннă.

Çав кун студентсем университет территорине университетри власçем ирĕк памасăрах пырса кĕнĕ икĕ çынна—полици вăрттăн агенчĕсене тытнă, çав çынсене администраци аллине панă.

Университета полици представителĕсем пынă, вĕсем полици тĕрĕс мар ĕç тунине йышăннă, ку ĕç мĕнле пулма пултарни çинчен хут çырса паратпăр, тенĕ. Анчах çавăн пек тăвас вырăнне университет территорине хĕçпăшаллă полицейскисем 500 çынна яхăн пырса кĕнĕ, вĕсем студентсемпе администраци представителĕсене ним шеллемесĕр хĕнеме тытăннă. Çавăн чухне хăшпĕр полицейскисем «Майăн 1-мĕшĕшĕн тавăратпăр», тесе кăшкăрнă.

Полицейскисемпе студентсем тытăçса çапăçнă чухне студентсенчен 100 çын ытла аманнă, студентсене 20 çын ытла тытса хупнă.

Ĕнер Тойохаси хулинче Аици университечĕн студенчĕсемпе полици хушшинче те тытăçусем пулса иртнĕ.

## ПĔЛТЕРНИ

ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн парткабинетĕнче паян, майăн 13-мĕшĕнче, каçхине 8 сехетре, çакăн пек ĕççем пуласçĕ:

1. ВКП(б) историне харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли лекци пулать. Тема: «Большевиксен партийĕн тактикăллă никĕсĕсем. В. И. Ленинăн «Социал-демократин демократилле революцири икĕ тактики» ятлă произведенийĕ». Ку лекцие вĕреннине ăса илтерме Е. Е. ВАРЛАМОВ юлташ вуласа парать.

2. «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» пĕрремĕш тата иккĕмĕш çул вĕренмелли кружоксен руководителĕсем валли семинар пулать. Семинарта итоглă занятисем иртересси çинчен сÿтсе явмалла.

ВКП(б) ХУЛА КОМИТЕЧĔН ПАРТКАБИНЕЧĔ.

Ответлă редактор заместителĕ И. П. ПАВЛОВ-ПИНЕР.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: ответлă редактор—0-67, ответлă редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ялхуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01087 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.